ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 28 ЫТЛАРИКУН № 44 (9723)

Хакĕ 20 пус

39-мĕш çул тухать

**Съезд тулли кăмăлпа çакна палăртать: партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительствин ленинла политикине пула, совет халăхĕ мĕнпур социализм çĕршывĕсемпе тачă çыхăнса паттăррăн ĕçленине пула пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешсе калама çук пысăк çитĕнÿсем тунă.**

(Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюцирен).

## СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔН ПЛЕНУМĔ

1956 çулхи февралĕн 27-мĕшĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ суйланă КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ пулса иртнĕ.

Пленум **КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумне** çак юлташсене суйланă:

Президиум членĕсем: **Н. А. Булганин, К. Е. Ворошилов, Л. М. Каганович, А. И. Кириченко, Г. М. Маленков, А. И. Микоян, В. М. Молотов, М. Г. Первухин, М. З. Сабуров, М. А. Суслов, Н. С. Хрущев** юлташсем;

Президиум членĕн кандидачĕсем: **Г. К. Жуков, Л. И. Брежнев, Н. А. Мухитдинов, Д. Т. Шепилов, Е. А. Фурцева, Н. М. Шверник** юлташсем.

Пленум **КПСС Центральнăй Комитечĕн секретариатне** çак юлташсене суйланă: **Н. С. Хрущев**—КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ, **А. Б. Аристов, Н. И. Беляев, Л. И. Брежнев, П. Н. Поспелов, М. А. Суслов, Е. А. Фурцева, Д. Т. Шепилов.**

Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕ çумĕнчи **Партилле Контроль Комитечĕн Председателĕ** пулма **Н. М. Шверник** юлташа, Партилле Контроль Комитечĕн Председателĕн заместителĕ пулма **П. Т. Комаров** юлташа суйланă.

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Ревизи Комиссийĕнче

1956 çулхи февралĕн 27-мĕшĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Ревизи Комиссийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ.

Центральнăй Ревизи Комиссийĕ Комисси Председателĕ пулма **П. Г. Москатов** юлташа суйланă.

## КПСС XX СЪЕЗЧĔ ЙЫШĂННĂ ПОСТАНОВЛЕНИ

### Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн çĕнĕ программине хатĕрлесси çинчен

(1956 çулхи февралĕн 25-мĕшĕнче пурте пĕр саслă пулса йышăннă)

КПСС XX съезчĕ Центральнăй Комитета çапла туса хушать: пирĕн партин историлле опычĕн, социализмла çĕршывсенчи тăванла партисен опычĕн, пĕтĕм тĕнчери коммунизмла юхăмпа рабочи юхăмăн опычĕпе çитĕнĕвĕсен никĕсĕ çинче творчествăлла аталанса пыракан марксистла-ленинла теорин тĕп положенийĕсене асра тытса, çавăн пекех коммунизм строительствин, Совет Союзĕн экономикине культурине аталантарас ĕçĕн халĕ хатĕрленекен малашлăх планне шута илсе, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн программин проектне хатĕрлемелле.

Съезд Центральнăй Комитета çапла туса хушать: парти программин проектне ăна сÿтсе явма КПСС XXI съезчĕ пуличчен малтанрах пичетлесе кăлармалла.

*Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хурал Президиумĕн Председательне*

## *САМБУ юлташа*

*Монголи Халăх Республикин Премьер-Министрне*

## *ЦЕДЕНБАЛ юлташа*

*Монголи Халăх Республикин Ют çĕршыв Ĕçĕсен вăхăтлăх Министрне*

## *РАДВАН юлташа*

УЛАН-БАТОР ХУЛИ.

Совет Социализмлă Республикисен Союзĕпе Монголи Халăх Республики хушшинче туслă пурăнассине пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен Договор, экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлесси çинчен Килĕшÿ тунăранпа 10 çул тултарнă май, СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ тата Совет Союзĕн Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерстви Монголи Халăх Республикин Аслă Халăх Хуралĕн Президиумне, Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министерствине, тăванла Монголи халăхне чĕререн туслă салам ярассĕ тата ырă сунассĕ.

Пирĕн халăхсен туслăхĕн, пĕр-пĕрне пулăшнин тата килĕштерсе ĕçленин аслă вăйĕ Монголи халăхĕ хăйĕн Республикине политикăпа экономика тĕлĕшĕнчен аталантарас ĕçре тунă паллă çитĕнÿсенче питех те уççăн палăрчĕ.

Монголи халăхĕ хăй суйласа илнĕ çулпа — социализм çулĕпе малалла пырса, творчествăллăн тата ăнăçлăн ĕçлесе, пĕтĕм тĕнчери мирпе этемлĕх прогресĕ ĕçне тивĕçлĕ вăй хурать.

Совет Союзĕпе Монголи хушшинчи Договорпа Килĕшĕве тунăранпа вунă çул тултарнă кун совет халăхĕ хăйĕнпе туслă Монголи халăхне хăйĕн халăх демократиллĕ государствине строительствинче тата ăна тĕреклетес ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума чĕререн ырă сунать.

Совет Союзĕпе Монголи Халăх Республики хушшинчи халăхсен тăванла туслăхĕ тата пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлесси малалла çирĕпленсе тата чечекленсе пытăр.

**СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.**

**СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. БУЛГАНИН.**

**СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕ В. МОЛОТОВ.**

Мускав хули, 1956 çулхи февралĕн 26-мĕшĕ.

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕ тăрăх йышăннă резолюци

(1956 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнче пĕр саслă пулса йышăннă)

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ĕçĕ çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Пĕрремĕш Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă отчетлă доклада итлесе тата сÿтсе явса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ çапла йышăнать:

КПСС Центральнăй Комитечĕн политикăлла çул-йĕрĕпе практикăлла ĕçне пĕтĕмĕшпех ырлас;

Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнчи сĕнÿсемпе выводсене ырлас.

Съезд тулли кăмăлпа çакна палăртать: партин Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительствин ленинла политикине пула, совет халăхĕ мĕнпур социализм çĕршывĕсемпе тачă çыхăнса паттăррăн ĕçленине пула пирĕн çĕршывра коммунизм тăвассишĕн тата пĕтĕм тĕнчери миршĕн кĕрешсе калама çук пысăк çитĕнÿсем тунă.

Съезд КПСС Центральнăй Комитечĕ отчетлă тапхăрта промышленноçпа ял хуçалăхĕнче тĕрĕс те вăхăтра туса ирттернĕ ĕççене хĕрÿллĕн ырлать, çак ĕççем пирĕн Тăван çĕршывăн вăй-хăватне малалла ÿстерме, социализмла экономикăна çĕнĕрен хăватлăн çĕклеме тата совет халăхĕн пурнăç ырлăхĕсене чылаях хăпартма май парассĕ.

Съезд çакна палăртать: КПСС Центральнăй Комитечĕ ăнăçлă ĕçлени марксистла-ленинла вĕрентÿпе творчествăлла усă курнипе, коллективлăн ертсе пымалли ленинлă принципсене тата парти шалти демократине çирĕп тытса пынипе, пирĕн парти халăхпа ним уйрăлми тачă çыхăну тытасси çинчен Ленин кăтартса панисене пĕрмаях пурнăçа кĕртсе пынипе килчĕ. Çак çулсенче парти пăрăнмасăр Ленинăн аслă ялавне яланах çÿлте тытса пычĕ.

### I.

Съезд çакна палăртать: тĕнчери кутшăнусем тĕлĕшпе отчетлă тапхăрта хару-тăру пăртак çăмăлланчĕ тата тĕнчере мире çирĕплетмелле чăн-чăн малашлăхсем палăрчĕç. Совет Союзĕ Китай Халăх Республикипе тата ытти халăх демократи çĕршывĕсемпе пĕрле тулашри политикăра мир-хăрушсăрлăха çирĕплетекен паха ĕççене вăхăтра туса пычĕ. Çак ĕççене мире юратакан мĕнпур вăйсем активлă пулăшса пычĕç.

Событисем социализм позицийĕсем çирĕпленес тĕлĕшпе тĕнче аталанăвĕнче питĕ пысăк улшăнусем пулнине уççăнах кăтартса пачĕç. Пирĕн самана тĕп уйрăмлăхĕ социализм пĕр çĕршывра кăна мар, тĕнчере система пулса тăни пулать, капитализм çак пĕтĕм тĕнче историйĕнчи процесса чарса тăма вăй çитереймерĕ. Совет Союзĕнче, çавăн пекех Китай Халăх Республикинче, Польша Халăх Республикинче, Чехословаки Республикинче, Венгри Халăх Республикинче, Румыни Халăх Республикинче, Болгари Халăх Республикинче, Албани Халăх Республикинче, Демократиллĕ Германи Республикинче, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинче, Монголи Халăх Республикинче, Демократиллĕ Вьетнам Республикинче экономикăпа культура хăватлăн çĕкленсе пырать, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланать, халăхсен моральлĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ, вĕсен коммунистсен партийĕсемпе рабочи партисен таврa, халăхсем пĕрлĕхлĕ суйланă правительствăсен таврa пĕрлешсе тăрасси çирĕпленет. Çавăн пекех Югославире те социализм строительствинче пысăк çитĕнÿсем тунă. Социализм çулĕпе пыракан çĕршывсен экономика ÿсĕмĕ сывă никĕс çинче, пĕр-пĕрне тачă çыхăнса ĕçлесси тата тăванла пулăшасси çирĕпленнĕçемĕн çирĕпленнĕ условисенче пулса пырать.

Капитализм тĕнчинчи хару-тăру пысăк хирĕçÿсем малалла ÿссе пынине палăртса тăрать, капитализм тĕнчи чылай хĕсĕнчĕ ĕнтĕ. Капитализм çĕршывĕсенче вăрçă хыççăнхи вунă çул хушшинче çакăн пек факторсене пула — экономикăна милитаризациленине тата васкаса хĕçпăшалланнине пула, тулашри экономикăлла экспанси вăйланнине, тĕп капитала çĕнетнине тата ĕççыннисене эксплуатацилесси уйрăмах вăйланнине пула — производство кăштах ÿсни капитализм экономикине тĕреклĕх памарĕ. Пачах урăхла, капитализмла экономика тата ытларах тĕрексĕрленчĕ. Капитализм системин пĕтĕмĕшле кризисĕ тарăнланса пырать. Капитализмăн питех те пысăк хирĕçĕвĕ — кучухнехи производительнăй вăйсемпе капитализмла производствăлла хутшăнусем хушшинчи хирĕç — çивĕчленнĕçемĕн çивĕчленет; такăр сутмалли рыноксемпе влияни кÿмелле вырăнсемшĕн кĕрешекен капитализмла государствăсем хушшинчи хирĕçÿсем вăйланса пырассĕ; социальнăй хирĕçÿсем ÿссе тарăнланассĕ. Рабочи класа эксплуатацилесси вăйланнине, тавар хакĕсем ÿснине, вăрçă хатĕрленме налогсене уйрăмах ÿстернине пула, капитализм çĕршывĕсенче чылайăшĕнче ĕçсĕрлĕх яланлăха пынине пула ĕççыннисен пурнăç шайĕ чакать; рабочи класс, халăхăн йышлă массисем хăйсен пурнăç прависемпе интересĕсемшĕн кĕрешесси вăйланать. Капитализм пĕр вĕçĕмсĕр çĕнĕ экономикăлла кризиссемпе социальнăй кризиссем патнелле пырать.

Çак хару-тăрура тĕнчери событисен аталанăвĕнче пĕр-пĕрне хирĕçле икĕ тĕп çул-йĕр уççăнах палăрчĕç.

Пĕр енчен, Америкăри реакциллĕ ушкăнсем ертсе пынипе империализмла державăсем вăрçă пĕтсен часах «вăйпа хăратмалли» политика тытса пыма пуçларĕç, çак политика çав державăсенчи чи агрессиллĕ элементсен рабочисен юхăмне, демократиллĕ юхăма, нациллĕ ирĕклĕх юхăмне пĕтерсе хума, социализм лагерьне хавшатма тата тĕнчере хăйсен пуç пулса тăма тăрăшнине палăртать. Çак политика практикăра вĕçĕмсĕр хĕçпăшалланнине пĕлтерет; ССР Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсен чиккисем тăрăх Америкăн çар базисене тунине, çавăн пекех социализм лагерĕнчи çĕршывсене хирĕç агрессиллĕ блоксем тунине, социализмла государствăсене хирĕç «сивĕ вăрçă» тĕкенскерне вăйлатса пынине тата юн тăкмалли çĕнĕ вăрçăсем хатĕрленине пĕлтерет.

Тепĕр енчен, тĕнчере çирĕп мира халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн тăракан вăйсем ытларах та ытларах ÿссе тĕрекленессĕ; вĕсем вăрçă хăрушлăхне хирĕç, тĕрлĕ экономикăлла тата социальнăй системăсенчи государствăсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе мирлĕ пурăнассишĕн активлă кĕрешессĕ. Кунта тĕнчери социализм лагерĕ пĕрмаях çирĕпленсе пыни чи пысăк вырăнта тăрать, вăл ĕнтĕ тĕнчери событисен аталанăвне ытларах та ытларах влияни кÿрет. Тĕнче арени çине Европăпа Азири мире юратакан государствăсен ушкăнĕ тухса, мир вăйĕсем чылай ÿсрĕç, çав государствăсем хăйсен тулашри политикинче çар блокĕсене хутшăнмалла мар принцип тытса пырассĕ. Çапла ĕнтĕ, аслă «мир зони» пулса тăчĕ, унта Европăпа Азири мире юратакан социализмла государствăсем те, социализмла мар государствăсем те кĕрессĕ, вĕсенче çĕр чăмăрĕ çинчи халăхăн сурри ытла пурăнать.

Вăрçă хыççăнхи тапхăрти пĕтĕм тĕнче историйĕнчи паллă событи вăл империализмăн колони системи арканни пулса тăрать. Колонисемпе çурма колонисенчи халăхсен нациллĕ ирĕклĕх кĕрешĕвĕ юлашки вунă çул хушшинче аслă çĕнтерÿсем турĕ: пĕр миллиард та икçĕр миллион çын — çĕр чăмăрĕ çинчи халăхăн сурри колониллĕ тата çурма колониллĕ пусмăртан ирĕке тухрĕ. Кун йĕркинче колони системине пĕтĕмĕшпех пĕтерес ыйту тăрать. Пĕтĕм тĕнче историйĕнчи аслă Ленин малтанах курса тăнă çĕнĕ тапхăр çитрĕ: Хĕвелтухăçĕнчи халăхсем пĕтĕм тĕнче кун-çулне татса пама активлă хутшăнассĕ, тĕнчери хутшăнусенчи хăватлă çĕнĕ фактор пулса пырассĕ.

Коммунистсен партийĕсем вăрçă хăрушлăхне хирĕç активлă та вĕçне çитмен çирĕп кĕрешнине кăтартса пачĕç, вĕсем мире сыхласа хăварассишĕн, ĕççыннисен интересĕсемшĕн, хăйсен çĕршывĕсен нациллĕ никама пăхăнманлăхĕшĕн чи малти ретре кĕрешессĕ. Çав вăхăтрах ытти обществăлла ушкăнсем те нумайăшĕ вăрçа хирĕç пынине кăтартса пачĕç. Мире çирĕплетес интересшăн вăрçа хирĕç пыракан мĕнпур вăйсем пĕр фронтпа ĕçлени тата мире сыхласа хăварассишĕн кĕрешме хăйсен вăйне ÿстерсе пыни çав тери паха. Ку тĕлĕшпе рабочисен юхăмĕ темиçе ушкăна пайланса кайнине пĕтерни, Коммунистсен партийĕсемпе социалистсем хушшинче, çавăн пекех мире чăннипех сыхлама, империализм пусмăрне хирĕç кĕрешме, хăйсен халăхĕсен нациллĕ интересĕсене, демократине никама пăхăнманлăхне хÿтĕлеме тăрăшакан ытти партисем хушшинче ĕçлĕ çыхăнусем тытни калама çук пысăк вырăнта тăрать.

Съезд КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет Правительствин мире юратакан тулашри политикине ырлать, çак политикăна пула тĕнчери хару-тăрури йывăрлăха çăмăллатас, мире çирĕплетес, демократиллĕ вăйсен позицийĕсене тĕреклетес тĕлĕшпе пысăк çитĕнÿсем тунă.

XX съезд Центральнăй Комитетпа Совет Правительстви пĕр-пĕрипе килĕштерсе мирлĕ пурăнмалли ленинла принцип никĕсĕ çинче мĕнпур çĕршывсемпе çыхăну тытассине лайăхлатас, шанса пурăнассине çирĕплетес тата килĕштерсе ĕçлессине аталантарас тĕлĕшпе тытса пынă çул-йĕре питĕ тĕрĕс тесе шутлать. Ку тĕлĕшпе тĕнчери хутшăнусенчи паллă тата нумай государствăсемпе обществăн аслă сийĕсем йышăннă пилĕк принцип — пĕр-пĕрин территори пĕтĕмлĕхĕпе суверенитетне хисеплени, пĕр-пĕрне тапăнманни, пĕр-пĕрин шалти ĕçĕсене хутшăнманни, государствăсем хушшинчи пĕр тан тата пĕр-пĕринчен усăллă çыхăнусене аталантарни, пĕр-пĕрипе килĕштерсе мирлĕ пурăнни тата экономика енĕпе килĕштерсе ĕçлени — пысăк вырăнта тăрать. Çак принципсем хальхи условисенче тĕрлĕ социальнăй стройлă государствăсем пĕр-пĕрипе çыхăну тытмалли чи лайăх формула пулса тăрассĕ, çавăнпа та пĕтĕм çĕр чăмăрĕ çинчи государствăсем хушшинчи мирлĕ те çирĕп çыхăнусен никĕсĕ пулма пултарнă пулĕччĕç.

Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики тата мире юратакан ытти государствăсем хĕçпăшалсăрланас, атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарас, Европăра коллективлă хăрушсăрлăх тата Азире коллективлă хăрушсăрлăх туса хурас тĕлĕшпе панă сĕнÿсем тĕрĕс те вăхăтлă сĕнÿсем пулнине пурнăç уççăнах кăтартса пачĕ, — çав питех те паха проблемăсене татса пани нумай вăхăта пыракан çирĕп мир никĕсне хывма май парать тата йĕркеленмен ытти паха проблемăсене, уйрăм илсен, Германи ыйтăвне татса пама пулăшать.

Пĕтĕм тĕнчери мир ĕçне çирĕплетес тĕлĕшпе тĕнчери чи пысăк икĕ держава — Совет Союзĕпе Пĕрлешÿллĕ Штатсем — хушшинче, çавăн пекех Совет Союзĕпе аслă державăсем — Англипе Франци — хушшинче туслă та çирĕп çыхăнусем туса хуни пысăк вырăн йышăнма пулĕччĕ.

XX съезд Совет Союзĕ хăй енчен çав тĕллевпе туса ирттернĕ ĕççене вăхăтра тунă тĕрĕс ĕççем тесе шутлать тата вĕсене пĕтĕмĕшпех ырлать.

Çирĕп мир тата Европăри халăхсен хăрушсăрлăхне туса хурас интересшăн, пĕр енчен, Совет Союзĕ, тепĕр енчен, хĕвеланăç Европăри çĕршывсем хушшинче тытакан çыхăнусене малалла лайăхлатма хушассĕ. Великобритани, Франци, Итали, çавнашкалах Польша, Чехословаки, Югослави, Швеци, Финлянди, Норвеги, Греци, Австри тата Европăри мĕнпур çĕршывсем пекех, Совет Союзĕ Европăра çĕнĕ вăрçă пулма парас мар тесе чун-чĕререн тăрăшать, Европа территорийĕнче ĕнтĕ пĕррремĕш тата иккĕмĕш тĕнче вăрçисен тĕп çапăçăвĕсем пулса иртнĕ. Нимĕç халăхĕ те вăрçă ан пултăр тесе тăрăшать. Çапла вара, Европăри государствăсемпе халăхсене пурне те пĕр пек интерессем — çĕнĕ вăрçа сирсе ярассишĕн кĕрешес интерессем — пĕрлештерсе тăрассĕ.

Кучухнехи тĕнчери хару-тăрура Совет Союзĕпе Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсем хушшинче туслăхпа ĕçри ырă çыхăнусем çирĕпленсе пыни çав тери паха. Çак задачăна татса парассине пысăк вырăна хурса, XX съезд юлашки вăхăтра Инди Республикипе, çавăн пекех Бирмăпа, Афганистанпа тата Египетпа лайăх, туслă çыхăнусем тытма пуçланине ырлать.

Араб çĕршывĕсенчи халăхсем хăйсен никама пăхăнманлăхне сыхласа хăварса çирĕплетме ытларах та ытларах çине тăни мирпе демократие çирĕплетес ĕçпе килĕшсе тăрать.

XX съезд тулли кăмăлпа çакна палăртать: Совет Союзĕ хăйпе чиккĕллĕ государствăсемпе пурнипе те тенĕ пекех туслă, ырă кÿршĕсем пек çыхăнусем тытать. Иккĕленмелли çук, ССР Союзĕпе Иран, Турци, Пакистан хушшинче йĕркеллĕ çыхăнусем пулни çак çĕршывсен пурнăç интересĕсемпе, мир ĕçĕн тата халăхсен хăрушсăрлăхĕн интересĕсемпе килĕшсе тăнă пулĕччĕç.

Çĕршывсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлеме никĕсе сарас тĕлĕшпе тĕнчери суту-илÿпе культурăлла çыхăнусене аталантарни пысăк вырăн йышăнса тăмалла.

XX съезд çакна палăртать: хальхи вăхăтра кучухнехи тĕнче аталанăвĕн çакăн пек принциплă тĕп ыйтăвĕсем — икĕ система пĕр-пĕрипе килĕштерсе мирлĕ пурăнасси, хальхи самантра вăрçа сирсе ямалли майсем тата тĕрлĕ çĕршывсем социализма куçмалли формăсем çинчен тăракан ыйтусем — уйрăмах пысăк вырăна тухса тăчĕç.

Тĕрлĕ социальнăй стройлă государствăсем пĕр-пĕрипе килĕштерсе мирлĕ пурăнма пултарни çинчен калакан ленинла принцип Совет Союзĕн тулашри политикин тĕп çул-йĕрĕ пулнă, вăл малашне те унăн тĕп çул-йĕрĕ пулĕ.

Пирĕн парти, хăй çĕршывĕнче коммунизмлă обществă тăвас ĕçе ертсе пырса, вăрçă ан пултăр тесе татăклăнах кĕрешет. Парти ку е тепĕр çĕршывра çĕнĕ обществăлла строй туса хурасси вăл — çав кашни çĕршыври халăхăн шалти ĕçĕ тесе Ленин

(Малалли 2-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕ тăрăх йышăннă резолюци

(1956 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнче пĕр саслă пулса йышăннă)

(Малалли).

кăтартса панине шута илет. Пĕр-пĕрне килĕштерсе мирлĕ пурăнас принципа халăхсем ытларах та ытларах йышăннине съезд тулли кăмăлпа палăртать.

Совет Союзĕн, социализм çĕршывĕсен тата мире юратакан ытти çĕршывсен, мĕнпур çĕршывсенчи питех те йышлă халăх массисен чи кирлĕ задачи вăл çирĕп мире сыхласа хăварса тĕреклетесси тата çĕнĕ вăрçă, çĕнĕ агресси пулмалла мар тăвасси пулать. Тĕнчери кучухнехи условисенче империализм вăйĕсем халăхсене çĕнĕ вăрçăсене кĕртсе ярасран хăтарса хăварма пултаракан чăн-чăн майсем пулса тăчĕç; çав вăрçăсем хальхи пек çар техники пур чухне халăхсене калама çук пысăк асапра аркану кӳнĕ пулĕччĕç. Халĕ ĕнтĕ çĕр чăмăрĕ çинче капитализм системи кăна мар. Мире юрататакан хăватлă социализм лагерĕ пур, вăл мире юратакан вăйсемшĕн агрессие сирсе яма моралĕ вăй кăна мар, материальнăй вăй та пулса тăрать. Кунсăр пуçне, çĕршер миллион çын пурăнакан ытти государствăсен, вăрçа хирĕç активлă кĕрешекен государствăсен пысăк ушкăнĕ пур. Мир шĕн тăракансен пĕтĕм халăх хушшине саралнă хăватлă юхăмĕ пур. Капитализм çĕршывĕсенчи рабочисен юхăмĕ калама çук пысăк вăй пулса тăчĕ.

Çак условисенче, паллах, империализм пур пулсан, вăрçăсем пуçланмалли экономикăлла никĕс те юлать текен ленинла принцип вăйра тăрать. Акă мĕншĕн ĕнтĕ пирĕн çав тери сыхă пулмалла. Çĕр чăмăрĕ çинче капитализм пур чухне капиталистла монополисен интересĕсене хӳтĕлекен реакцилле вăйсем малашне те вăрçă авантюрисемпе агрессисем тума тăрăшĕç, çĕнĕ вăрçă пуçлама хăтланса пăхĕç. Анчах кирек мĕнле пулсан та вăрçăсем пурпĕрех пулассĕ тĕмелле мар. Халĕ хăватлă обществăлла тата политикăлла вăйсем пур, вĕсен империалистсене çĕнĕ вăрçă пуçламашкăн чарма, вăрçă пуçлама хăтлансан,— агрессорсене аркатса тăкмаллах отпор рама, вĕсен авантюристла планĕсене пĕтерсе хума пысăк майсем пур. Çавна тума вăрçа хирĕç пыракан мĕнпур вăйсен сыхă мобилизациленсе тăмалла, вĕсен пĕр фронтпа ĕçлемелле тата мире сыхласа хăварса çирĕплетессишĕн пыракан кĕрешĕве вăйсăрлатмалла мар.

Тĕнчере социализмшăн усăллă çав тери пысăк улшăнусем пулнă май çĕршывсем капитализмран социализма куçмалли çĕнĕ малашлăхсем усăлчĕç.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ленинла положение шута илет: «Пур нацисем те пурпĕрех социализма çитессĕ, анчах пурте пĕр евĕрлех мар, демократин пĕр е тепĕр формине, пролетариат диктатурин пĕр е тепĕр ăрасналăхне, обществăн пурнăçĕн тĕрлĕ енĕсене социализмла урăхлатса çĕнетес ĕçĕн пĕр е тепĕр хăвăртлăхне кашни нации хăй евĕрлĕхне кӳрет» (Соч., XXIII т., 58 стр.).

Социализм çулĕпе пыракан мĕнпур çĕршывсен аталанăвĕн чи историлле опыт Ленинăн çав положенийĕ пĕтĕмĕшпех тĕрĕс пулнине кăтартса парать. Халĕ обществăна социализмла урăхлатса çĕнетмелли совет формипе пĕрлех халăх демократи форми пур. Ăна вунă çул хушшинче пур енĕпе те тĕрĕсленĕ, вăл хăйне пĕтĕмĕшпех тӳрре кăларчĕ. Халăх демократи государствисенче те кашни çĕршывăн условийĕсенчен килекен тĕрлĕ ăрасналăхсемпе уйрăмлăхсем сахал мар. Социализм строительстви формисене Китай Халăх Республикин хăйне евĕрлĕ улшăнусем нумай вĕрчет, революци çĕнтеричче унăн экономики питех те кая юлнă, çурма феодалла, çурма колонилле экономики пулнă. Экономикăра ертсе пыракан вырăнсене хăй аллине илсе, халăх демократи государстви уйрăм çынсен аллинчи промышленноçа суту-илĕве мирлĕн урăхлатса çĕнетет, вĕсене майĕпен социализмла экономикăн уйрăлми пайĕ туса пырать.

Малашне çĕршывсем социализма куçас формăсем тĕрлĕрен пулăссипĕтĕмпех законлă ипала. Социализма куçмалли формăсене пурнăçа кĕртни пур условисенче те пурпĕрех граждан вăрçипе çыхăнса тăрать теме çук.

Пуçпулса тăракан классем вăрçа хăйсен ирĕкĕпе панассĕ, тесе вĕрентет ленинизм. Анчах социализма куçнă чухне класс кĕрешĕвĕн çивĕчлĕхĕ вăйлăрах е вăйсăртарах пулассе, вăйпа ирĕксĕрлени пулассе е пулас çукки пролетариатран ытла эксплуататорсем ĕçсыннисен чи пысăк пайĕн ирĕкне мĕнле хирĕç тăнинчен, эксплуататорла классем хăйсем вăйпа ирĕксĕрленинчен килет.

Иккĕленмелли çук, капитализм çĕршывĕсенче чылайăшĕнче, капитализм вăйлă çĕрте, вăл хăй аллинче çарпа полици калама çук пысăк аппаратне тытса тăнă çĕрте класс кĕрешĕвĕ пурпĕрех питĕ çивĕч пулать.

Çав вăхăтрах тĕнчере социализмшăн усăллă питĕ пысăк улшăнусене пула, рабочисем, хресченсем çс интеллигенцийĕ хушшинче социализмăн хăй патне туртакан вăйĕ калама çук ӳснине пула социализм çĕнтерме лайăхрах условисем пулса пырассĕ. Капитализм çĕршывĕсенче чылайăшĕнче рабочи класăн, хăйĕн малта пыракан пайĕ çул кăтартса пынипе, кучухнехи условисенче халăхăн чи пысăк пайне хăй ертсе пырса пĕрлештерме тата производствăн тĕп хатĕрĕсене халăх аллине пама чăн-чăн майсем пур. Буржуалла сылтăм партисемпе вĕсем йĕркелекен правительствăсем час-часах панкрута тухассĕ. Çак условисенче рабочи класс, ĕç хресченĕсене, интеллигенцие, мĕнпур патриотла вăйсене хăй тавра пĕрлештерсе, оппортунистла элементсене — капиталистсемпе тата помещиксемпе килĕшӳ тăвас политикăна пăрахма пултарайман элементсене—татăклă отпор парса, реакционерсене, халăха хирĕç пыракан вăйсене парăжени кӳме, парламентра ытларахăшне хăй енне çирĕп çавăрма, парламента буржуалла демократи органĕнчен халăх ирĕкĕн чăн-чăн хĕçпăшалĕ туса хума пултарать.

Съезд çакна палăртать: ытти çĕршывсенче социализм çĕнтерме лайăхрах условисем Совет Союзĕнче социализм çĕнтернипе тата халăх демократи çĕршывĕсенче социализм çĕнтерсе пынипе кăна пулма пултарчĕç. Çак çĕнтерĕве тума кирлĕ услови революцилĕ марксизм-ленинизм çĕнтерни, реформизм, оппортунизм идеологине хирĕç вĕсне çитиех татăклăн кĕрешни пулса тăчĕ.

Съезд КПСС Центральнăй Комитечĕ умне тулашри политика енĕпе çакăн пек задачăсем лартать:

Социальнăй строй мĕнле пулнине пăхмасăр, государствăсем пĕр-пĕрне килĕштерсе мирлĕ пурăнмалли ленинлă политикăна çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пымалла. Мир ĕçĕшĕн, халăхсен хăрушсăрлăхĕшĕн, государствăсем пĕр-пĕрне шанса пурăнмалла тăвассишĕн активлă кĕрешмелле, тĕнчери хăру-тăрури йывăрлăх çăмăлланнипе усă курса, çирĕп мир тума тăрăшмалла.

Китай Халăх Республикипе тата мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсемпе тăванла çыхăнусене пур майсемпе те çирĕплетсе пымалла, çакна асра тытмалла: социализма государствăсем пĕрлешни мĕн чухлĕ çирĕпрех, вĕсен вăй-хăвачĕ мĕн чухлĕ пысăкрах, мир ĕçĕ те çавăн чухлĕ шанчăклăрах пулать.

Федеративлă Югослави Халăх Республикипе тăванла халăхсемпе туслăха тата килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетсе пымалла.

Инди Республикипе, Бирма Союзĕпе, Афганистанпа, Египетпа, Сирипе, Индонезипе тата мир позицийĕсем çинче тăракан ытти государствăсемпе туслă та килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетмелле; хăйсене агрессилле блоксене кĕртсе яма паман çĕршывсене пулăшмалла; мире кӳтĕлесе хăварма тăрăшакан мĕнпур вăйсене пулăшса пымалла.

Финляндипе, Австрипе, Швецие тата нейтралитет тытакан ытти çĕршывсемпе туслă çыхăнусене аталантарса, çирĕплетсе пымалла.

США-па, Англипе, Францие, Италипе, Хĕвеланăç Германипе, Японипе, çавăн пекех кӳршĕллĕ государствăсемпе—Иранпа, Турципе тата Пакистанпа çыхăну тытассине малалла лайăхлатмалли активлă политика тытса пымалла, пĕр-пĕрин хушшинче шанчăклăха çирĕплетмелле, экономикăлла çыхăнусене вăйлăн аталантармалла, культурăпа наука енĕпе çыхăну тытассине тата килĕштерсе ĕçлессине вăйлатмалла.

Совет халăхĕн мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисем хушшинчи тăванла çыхăнусене аталантарса, çирĕплетсе пымалла.

Тĕнчери хăру-тăрури йывăрлăха çăмăллатма тăрăшман ушкăнсен усал ĕçĕсене хытă сăнаса тăмалла, мир тăшманĕсен сăтăрла ĕçĕсене вăхăтра тăрă шыв çине кăлармалла. Хамăрăн социализмлă государствăн оборона вăй-хăватне малалла çирĕплетме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла, хамăр оборонăна кучухнехи çар техникипе наука шайĕнче тытмалла, хамăр Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне сыхласа тăмалла.

## II.

КПСС XX съезчĕ Совет Союзĕн шалти хăру-тăрăвĕ малалла çирĕпленнине тулли кăмăлпа палăртать. КПСС Центральнăй Комитечĕ партин тĕп çул-йĕрне çирĕп тытса пынипе пула отчетлă тапхăрта обществăлла производствăн мĕнпур отраслĕсем чылай ӳснĕ, халăхăн материальнăй пурнăçĕ лайăхланнă тата культурĕ ӳснĕ, совет обществин моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ тата ытларах тĕреклĕннĕ, Совет государствин вăй-хăвачĕ ӳснĕ.

Партипе халăхăн пысăк çĕнтерĕвĕ вăл СССР промышленноçĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарни тата ирттерсе тултарни пулнă. 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, промышленность продукцийĕ 185 процент чухлĕ пулнă (пилĕк çуллăх план тăрăх 170 процент палăртнă пулнă), вăл шутра производство хатĕрĕсем, план тăрăх 180 процент пулмалла пулсан, 191 процент туса кăларнă, халăха кирлĕ япаласен, план тăрăх 165 процент палăртнă пулсан, 176 процент туса кăларнă.

Съезд çапла шутлать: экономикăлла йăнтура мирлĕ çулпа пырса Совет Союзĕн экономикăн тĕп задачине—хуçалăхăн социализмла системи малта тăни çине таянса, çĕршыва пурăнакан кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе ытларах аталаннă капитализм çĕршывĕсене хуса çитсе иртсе каймалла тăвассине—историри чи кĕске срокра татса парассишĕн малалла та пĕтĕм вăйпа çине тăрса кĕрешни кирлĕ.

Коммунистсен партийĕ малашне те йывăр промышленноçа, чи малтанах хура тата тĕслĕ металлургие, çĕр кăмрăкĕпе нефть промышленноçне, энергетикăна, машиностроение, химилле продукципе строительство материалĕсем туса кăларассине пуринчен ытларах аталантарма кирлĕ тесе шутлать. Кунпа пĕрлех съезд çапла шутлать: обществăлла производствăн хальхи вăхăтри шайĕ производство хатĕрĕсем туса кăларассине кăна мар, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине те пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарма май парать.

Пĕтĕм промышленность производствине малалла ӳстерес ĕçе татса паракан услови вăл промышленноçра техника прогресне пĕр вĕçĕмсĕр малалла вăйлатни пулать. Промышленноçпа транспорта наукăн, техникăн тата малта пыракан опытăн чи çĕнĕ çитĕнӳĕсене çине тăрса кĕртсе план йĕркипе ĕçе... кĕртсе пыни, ухăл ĕçлекен оборудованине, модернизацилессине пурнăçлани, ĕçе тата производствăна организацилессине лайăхлатни, промышленноçра специализацилес тата кооперацилес ĕçе анлăн туса ирттерни кирлĕ, çак никĕс çинче ĕç тухăçлăхне хăвăртрах ӳстермелле. Ĕç тухăçлăхне ӳстерни вăл производствăна ӳстерес тĕлĕшпе заданисене пурнăçлас тата халăх пурнăçне малалла лайăхлатас ĕçе татса паракан услови пулса тăрать.

Çĕршыври производительнăй вăйсене малалла аталантарассине чĕртавăрăн, топливăн, электроэнергин çĕнĕ çăлкуçĕсемпе усă курма тата, пуринчен малтан, çĕршывăн хĕвелтухăç районĕсенчи çутçанталăкăн питĕ пысăк ресурсĕсене мобилизацилеме хушать. Çитес 10—15 çул хушшинче хĕвелтухăç районĕсенче çĕр кăмрăкĕ кăларас тата электроэнерги туса кăларас тĕлĕшпе çĕршыври пысăк база, çулталăкра 15—20 миллион тонна чугун шăратса кăларакан, виççĕмĕш хăватлă металлурги бази, çавăн пекех машинăсем тăвакан çĕнĕ центрсем тумалла.

Съезд партин мĕнпур организацийĕсене çапла тума хушать:

промышленноçăн мĕнпур отраслĕсемпе предприятисем енĕпе валовой продукци тĕлĕшпе кăна мар, çирĕплетнĕ пĕтĕм номенклатура тата пахалăх показателĕсем тĕлĕшпе те государствăн планлă заданийĕсене пурнăçламалла тумалла;

пур пек производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курмалла, предприятисене пĕр тикĕс, штурмовщинăсăр ĕçлекен тумалла, вĕсем продукцие пĕтĕм уйăхĕпех пĕр пек кăларса тăччăр, çакă вăл планласене тата предприятисене материалсем парса тăрас ĕçе нумай лайăхлатма хушать;

продукци пахалăхне лайăхлатмалла, унăн хăйне ларакан хакне тăтăшах йӳнетсе пымалла, перекетлĕх режимне питĕ çирĕп пурнăçламалла, хуçалăх расчетне ĕçе кĕртмелле;

производствăра искусственнăй чĕртаварпа тата вĕсем вырăнне кайма пултаракан материалсемпе анлăрах усă курмалла, çапла вара улттăмĕш пилĕкçуллăх хушшинче техникăлла тĕллевсемпе усă куракан апат-симĕç продукчĕсем вырăнне пĕтĕмĕшпех синтетически чĕртаварпа усă курма тытăнмалла.

Совет государстви халăх хуçалăхне капитальнăй ĕçсем валли çултан-çул нумайрах укса-тенкĕ уйăрса парать. Çав укса-тенкĕпе пĕтĕмĕшпех лайăх усă курас тесен, строительство ĕçĕсене кучухнехи индустрилле çул-йĕр çине тăратни кирлĕ, территорилле пысăк строительство организацийĕсем тăвас ĕçе малалла туса пымалла, проектсем хатĕрлес ĕçе лайăхлатмалла, строительство срокĕсене мĕнпур майсемпе кĕскетмелле, пухнă тимĕрбетон конструкцисемпе тата заводра туса кăларакан изделисемпе анлăрах усă курмалла.

Отчетлă тапхăрта КПСС Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăхĕ тĕлĕшпе политикăлла тата организаторла пысăк ĕç туса ирттернĕ. Ялхуçалăх производствин чылай отраслĕсенчи йĕркесĕрлĕхсене пĕтерес тата ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатассине организацилес тĕлĕшпе Центральнăй Комитет витĕмлĕ мерăсем йышăннă.

Çав мерăсенчен уйрăмах çаксем пысăк вырăн йышăнассĕ:

ялхуçалăхĕнче планламалли çĕнĕ йĕрке туни, çак йĕрке колхозниксен творчествăлла пуçарăвне çĕклентерсе ячĕ;

ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине ӳстермешкĕн колхозсемпе колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассипе вăйлатни;

хуласемпе промышленность центрĕсенчен нумай пин коммунистсене тата партипе тăнан работниксене ялсене ярса, колхозсене руководительсемпе специалистсен кадрĕсемпе çирĕплетни;

ялхуçалăхне техникăпа хĕçпăшаллантарассине малалла вăйлатни, МТС-сенче механизаторсен яланхи кадрĕсене туни, МТС-сене ертсе пыракан работниксен тата инженерсемпе техниксен кадрĕсемпе çирĕплетни;

ялхуçалăхне аталантарма государство енчен укса-тенкĕ уйăрса парассине ӳстерни.

Ялхуçалăхне вăйлатмалли программăна хатĕрлесе, Центральнăй Комитет чи малтанах тĕштырă хуçалăхне вăйлатассишĕн пĕтĕм вăя хумалла тесе тĕрĕс йышăннă. Тĕштырă хуçалăхĕ вăл пĕтĕм ялхуçалăх производствин, уйрăммăн илсен, унăн питĕ кирлĕ отраслĕн—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн никĕсĕ пулса тăрать. Центральнăй Комитет çĕнĕ çĕрсемпе усă курма тытăнасси тата кукуруза акассине хăвăрт ӳстерессипе çинчен йышăннă решенисен пĕлтерĕшĕ уйрăмах пысăк.

Съезд Центральнăй Комитета çапла тума хушать: халăх валли апат-çимĕç тата çăмăл промышленность валли чĕртавар нумайран та нумай туса парас тесе партипе пĕтĕм совет халăхне мобилизацилемелле, ялхуçалăхне вăйлатассишĕн малалла та хастарлăх пĕр чакармасăр кĕрешмелле.

Ялхуçалăхне малалла механизацилени кирлĕ, уйрăм ĕçсене механизацилениччен чи кĕске срокрах пĕтĕм ялхуçалăх производствине комплекслă майпа механизацилесси патне куçмалла, Совет Союзĕнчи тата урăх çĕршывсенчи наукăпа техникăн çитĕнӳĕсене, малта пыракан колхозсен, МТС-семпе совхозсен опытне пропагандăлассине тата ĕçе кĕртессине тĕпренех лайăхлатмалла, çав никĕс çинче вара ялхуçалăх продукцийĕн единицине туса илме ĕç вăйĕпе материальнăй средствăсем тăкакласслине нумай чакармалла, мĕнпур культурăсен тухăçлăхĕпе выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстермелле.

Съезд çапла шутлать: хальхи вăхăтра, нумай колхозсен экономикăлла майсем чылай пысăкланнă чухне, производствăна пур майсемпе те ӳстерсе пынипе пĕрлех,—ку вăл ĕнтĕ яланах пĕрремĕш вырăнта тăмалла,—колхозсенче пурăнмалли суртсен, клубсен, ача-пăча учрежденийĕсемпе культурăпа йăла учрежденийĕсен çуртĕсем тăвас ĕç çине тимлĕн пăхмалла.

Ялхуçалăхне малалла хăвăрт вăйлатас ĕçе татса паракан услови вăл ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçĕн шайне ӳстерни пулать. Çак ĕçре шаблона, канцелярилле-бюрократлă меслетсене, обезличкăна тата ответсăрлăха пĕтерни кирлĕ. Парти, совет тата ялхуçалăх органĕсен кашни района, колхоза, совхоза, МТС-а конкретлăн ертсе пымалла, массăсен пуçарăвне пур майсемпе те пулăшмалла, ялхуçалăх производствине сарассишĕн ялхуçалăх работникĕсене, çав шутра ертсе пыракан кадрсене те пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине ӳстермелле.

Съезд парти, профсоюз, хуçалăх, комсомол организацийĕсене пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне анлăрах сарма, ăна ертсе пырассине лайăхлатма, рабочисемпе колхозниксен творчествăлла пуçарулăхне тата та ытларах вăйлатма, çав пуçарăва Партипе Правительство лартнă задачăсене пурнăçлас тĕллевпе сарса пыма чĕнет.

Промышленноçпа ялхуçалăх производстви ӳсни совет халăхĕн материальнăй пурнăçне пĕрмах лайăхлатса пыма тата унăн культурине ӳстерме реальнăй майсем туса пачĕ. Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра СССР Союзĕн наци тупăшĕ 68 процент ӳсрĕ, рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçи 39 процент, колхозниксен реальнăй тупăшĕсем—пĕр хут çурă ӳсрĕç. Рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине тата колхозниксен тупăшĕсене малалла ӳстерес, ĕç укçи сахал илекен рабочисен ĕç укçине ӳстерес, çавăн пекех ĕçшĕн тӳлес ĕçре тивĕçлĕ йĕрке тăвас, работниксене хăйсен ĕçĕн результачĕсемшĕн пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине вăйлатас тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ хатĕрленĕ мероприятисене съезд пĕтĕмĕшпех ырлать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх хушшинче мĕнпур рабочисемпе служащисем валли 7 сехетлĕ ĕç кунĕ, çĕр кăмрăк тата сăрт-ту промышленноçĕнчи тĕп профессисенчи, çĕр айĕнче ĕçлекен рабочисем валли, çавăн пекех сиенĕсе çитмен çамрăксем валли вара 6 сехетлĕ ĕç кунĕ тăвасси çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă решени политика тĕлĕшĕнчен тата халăх хуçалăхĕнче питĕ пысăк вырăн йышăнать. Çав решени тăрăх производство условийĕсем енчен усăллă çĕрте пилĕк кунлă ĕç эрни (кунне 8 сехет ĕçлесе, икĕ кун канмалла) туме палăртнă. Сывă вăхăтрах шăматкун тата праçник умĕнхи кунсенче ĕç кунне икĕ сехет кĕскетессине пурнăçлассĕ. Ĕç кунне рабочисемпе служащисен ĕç укçине пĕчĕклетмесĕр чакарассĕ. Съезд ССР Союзĕнчи ĕçсыннисен интересĕсене пĕтĕмĕшпех тивĕçтерекен çак мероприятисене пĕр шухăш-кăмăллă пулса ырлать тата çакна çирĕп шанса тăнине палăртать: пĕтĕм совет халăхĕ вĕсене хĕрӳллĕн ырласа тата СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн пыракан кĕрешӳре ĕçри хастарлăха çĕнĕрен вăйлатса кăтсе ый.

Центральнăй Комитет пенси тӳлес ĕçе йĕркелесе, çапла вара пĕчĕк разрядри пенсисене чылай ӳстерме, вырăнлă мар пысăк пенсисене чакарма; ватă çынсене пăхса усрас тата хăйсен сывлăхĕ çине кӳмесĕрех обществăшăн усăллă ĕçре ĕçлеме пултаракан инвалидсене ĕçе вырнаçтарассине лайăхлатма палăртни пысăк вырăн йышăнать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхпа танлаштарсан, пурăнмалли çуртсем тăвасси икĕ хута яхăн ӳсет. Çавна май, Совет государстви пурăнмалли çуртсем тума уйăракан укса-тенкĕпе тĕрĕс усă курасси пĕррремĕш вырăнта тăракан задача пулать. Çак ĕçре йĕрке тăвас, кустарщинăна тата архитектура енĕпе ытлашши тăкаксем тăвассине пĕтерес, строительствăра индустрилле меслетсемпе усă курас тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ пурнăçлакан мерăсене съезд ырлать тата мĕнпур партипе хуçалăх организацийĕсене пурăнмалли çуртсем тумалли государство планне тăтăшах тултарса пыма, çавăн пекех рабочисемпе служащисене хăйсем перекетленĕ укçи-тенкипе харпăр хăй тĕллĕн çуртсем лартмашкăн пур майсемпе те пулăшма хушать.

Съезд халăхăн кулленхи йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессине татăклăн вăйлатни, обществăлла апатлану предприятийĕсен шутне малалла ӳстерни, апат-çимĕç хакне йӳнетни тата унăн пахалăхне лайăхлатни кирлĕ тесе шутлать. Çавăн пекех йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен предприятисем—прачечнăйсем, тумтир çĕлекен ательсем, тумтирпе атă-пушмак юсакан мастерскойсем тата ыттисем нумайрах усмалла, килти хуçалăхри ĕçе çăмăллатма пулăшакан машинăсемпе ытти хатĕрсем туса кăларассине хăвăрт ӳстермелле.

Культура строительствин пур отраслĕсенче те пысăк çитĕнӳсем тунă. Пурне те çичĕ çул вĕрентес ĕçе пур çĕрте те пурнăçланă, пысăк хуласенче вара вунă çул вĕрентме тытăннă. Майĕпен пурне те вунă çул вĕрентме тытăнма условисем пулса пырассĕ. Çĕршывăн аслă шкулĕсенче специалистсем вĕрентсе хатĕрлес ĕç чылай сарăлчĕ. Партипе Совет правительстви яланах тата ĕçлĕн пулăшса пынипе халăх хуçалăхне вăйлатас тата хамăрăн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне çирĕплетес тĕлĕшпе ĕçлекен совет ученăйĕсем наукăн чылай отраслĕсенче, çав шутра ядернăй физикăра, математикăра, механикăра, техникăлла наукăсен хăшпĕр отраслĕсенче питĕ пысăк çитĕнӳсем турĕç.

Çавăнпа пĕрлех съезд культура строительствинчи пысăк çитменлĕхсене палăртать. Вĕрентӳ пурнăçран самаях уйрăлса тăни, шкултан вĕренсе тухакансем практикăлла ĕçе çитĕнсе хатĕрленмени шкула ĕçĕнчи чи пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Шкула политехнизацилес ĕçе хăвăртрах пурнăçлама промышленность тата ялхуçалăх производствин ыйтăвĕсем енĕпе пĕлӳ никĕсĕсем паракан çĕнĕ предметсем вĕрентме тытăнмалла кăна мар, вĕренекенсене тăтăшах предприятисенче, колхозсемпе совхозсенче, опытлă участоксемпе шкулти мастерскойсенче ĕçе хăнăхтарса пымалла. Интернат-шкулсем тума тытăнни тĕрĕс пулать; вĕсене ачасен сывлăхĕшĕн лайăх вырăнсенче вырнаçтармалла. Шкул çуммĕ çитмен ача учрежденийĕсен хисепне чылай ӳстермелле, ку ĕçе халăха вĕрентес ĕç органĕсемпе государство предприятийĕсене çеç мар, колхозсене те хутшăнтармалла.

Аслă шкулсенчи вĕренӳ ĕçĕн тĕп задачисем—вĕренĕве производствăпа тачă сыхăнтарнă никĕс çинче специалистсем вĕрентсе хатĕрлес ĕç пахалăхне лайăхлатасси, çĕршывра аслă шкулсене тĕрĕс вырнаçтарса тухасси, вĕсене производство патне çывăхартасси, вĕрентӳ ĕçне техникăн кучухнехи шайĕне килĕшӳллĕн туса пырасси пулса тăрать. Шкулсенче вĕренсе тухакан çамрăк инженерсемпе агрономсен конкретлă экономика тата производствăна организацилес ĕç енĕпе пĕлӳсем çителĕклĕ пулма кирлĕ.

Съезд çапла шутлать: çĕршыври наука учрежденийĕсем производствăна, халăх хуçалăхĕн конкретлă ыйтăвĕсемпе çыхăнса тăрассине пур майсемпе те çирĕплетни, вĕсен творчествăлла вăй-халне наукăпа техника тĕлĕшĕнчи чи кирлĕ ыйтусене татса парас ĕçре çĕтĕçтерни, коммунизм строительствин практикăлла задачисене татса парас ĕçре наука рольне пĕрмаях ӳстерсе пыни кирлĕ.

Съезд çапла шутлать: советлă обществăпа государство стройĕ малалла тĕреклени, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзĕ, ССР Союзĕнчи мĕнпур халăхсен туслăхĕ тата вĕсем пĕрпĕрне тăванла пулăшса ĕçлесси татах та ытларах çирĕпленни Коммунистсен партийĕн отчетлă тапхăрти ĕçĕн чи паллă итогĕсенчен пĕри пулса тăрать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ республикăсен органĕсен хуçалăхпа культура строительствинчи прависене ӳстерес тĕлĕшпе йышăннă мерăсене съезд пĕтĕмпех ырлать. Пĕтĕмĕшле ертсе пырас, планлă заданисем палăртса парас, çав заданисене пурнăçланине тĕрĕслес, оборудовани парса тăрас, капитальнăй ĕçсем валли укса-тенкĕ парас ĕçе союзлă министерствăсен аллинчех хăварнипе пĕр вăхăтрах республикăсен министерствисен предприятисене кулленех ертсе пырас ĕçри прависене малалла ӳстермелле. Çакă вăл вырăнсенче творчествăлла пуçарăва татах та ытларах вăйлатма, союзлă республикăсене малалла тĕреклетме, пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхне çирĕплетме пулăшать.

Хăйĕн наци политикинче парти яланах ленинла положение—социализм нацилле расналăхсемпе уйрăмлăхсене пĕтермест кăна мар, пачах урăхла, мĕнпур нацисен тата халăхсен экономикипе культурине пур майсемпе те аталантарса чечеклентерме май парать текен положение асра тытса ĕçлерĕ тата халĕ те асра тытса ĕçлет. Хăйĕн пĕтĕм практикăлла ĕçĕнче партин çак уйрăмлăхсене малашне те чи тимлĕн шута илмелле.

Коммунизм строительствинчи аслă задачăсем ĕçсыннисен творчествăлла активлăхĕпе пуçарулăхне татах ӳстерме, государствăна ертсе пырас ĕçе, унăн пĕтĕм организаторла-хуçалăхла ĕçне массăсене татах та анлăрах хутшăнтарма хушассĕ. Ку тĕлĕшпе совет демократине пур майсемпе те аталантарса пымалла, центрта тата вырăнсенче мĕнпур совет органĕсен ĕçне çине тăрсах лайăхлатса, вĕсемпе массăсем хушшинчи çыхăнăва çирĕплетсе пымалла. КПСС Центральнăй Комитечĕ администрацине управлени аппаратне пĕчĕклетес тата йӳнетес тĕлĕшпе, унăн мĕнпур сыпăкĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе юлашки çулсенче туса ирттернĕ ĕçе ырласа, съезд çак ĕçе малалла туса пыни, бюрократизма хирĕç, халăх нушисем çине тимсĕр пăхнине кăтартакан фактсене хирĕç малашне те çирĕппĕн кĕрешсе пыни кирлĕ тесе шутлать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ совет законлăхне çирĕплетес, граждансен Совет Конституцийĕ гарантиленĕ прависене çирĕппĕн упрас тĕлĕшпе пурнăçланă мерăсене съезд пĕтĕмпех ырлать, мĕнпур партипе совет органĕсене законлăха сыхлас ĕçре сыхă тăма, çавсене пăсни, закона пăхманни, социализмла право йĕркине пăсни кирек мĕнле палăрнине те татăклăн тата хаяррăн пĕтерсе пыма хушать.

Коммунистсен партийĕпе Совет государстви коммунистсене тата мĕнпур ĕçсыннисене политика тĕлĕшĕнчен питĕ сыхă пулма малашне те воспитани парса, совет çыннисен мирлĕ ĕçне тата социализмлă Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне шанчăклăн сыхлакан хамăрăн паттăр Хĕçпăшаллă Вăйсене ывăнма пĕлмесĕр тĕреклетсе пымалла.

## III.

XIX тата XX съездсем хушшинчи тапхăрта пирĕн парти çĕнĕ пысăк çитĕнӳсем турĕ, çак çитĕнӳсене вăл хăйĕн шалти тата тулашри пĕтĕм политикинче тата практикăлла ĕçĕнче пурне те çĕнтерсе пыракан марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ тăрăх ĕçленипе хамăрăн çĕршывра коммунизм тăвас тата тĕнчери социализм лагерьне тĕреклетес тĕллеве çирĕппĕн тата пĕр пăрăнмасăр тытса пынипе, пролетарилле интернационализмăн тата халăхсен хушшинчи туслăхăн ялавне çӳле çĕклесе пынипе турĕ.

XIX съезд хыççăн иртнĕ тапхăр КПСС хăватне авторитечĕ малалла ӳссе, партин ленинла пĕрлĕхĕ çирĕпленсе, унăн совет обществинчи ертсе пырас ролĕ ӳссе пынă тапхăр пулчĕ. Парти идейăпа политика тата организаци тĕлĕшĕнчен татах та ытларах тĕреклĕнчĕ, парти массисем марксизм-ленинизма вĕренсе пĕлӳ илесси вăйланчĕ. Партипе государствăн ертсе пырас ĕçĕн ăнăçлăхне татса паракан вăй—парти кадрĕсем чылай ӳсрĕç.

КПСС XX съезчĕ çакна палăртать: партин XIX съезчĕ хыççăн партипе çĕршыв умне тухса тăнă кăткăс та ответлă задачăсем умĕнче Центральнăй Комитет хăйне тивĕçлĕ вырăнта пулчĕ, парти, государство тата хуçалăх строительстви енĕпе тухса тăнă ыйтусене тĕрĕс татса пачĕ, çĕршыва Ленин кăтарса панă çулпа шанчăклăн та çирĕппĕн илсе пычĕ.

Съезд тулли кăмăлпа çакна палăртать: Центральнăй Комитет хăйĕн пĕтĕм ĕçĕнче партипе халăх интересĕсене пĕр пăрăнмасăр çирĕппĕн сыхласа тăчĕ. КПСС Центральнăй Комитечĕ партипе халăхăн хăрушă тăшманĕн Берияпа унăн бандин преступленилле хавалĕ ĕçне пĕтерсе хурас тĕлĕшпе йышăннă татăклă мерăсене съезд пĕтĕмпех ырлать. Ăна пĕтернипе империализмла разведкăсен планĕсене вăйлăн пырса çапнă, партин кĕрешӳри пултарулăхне малалла ӳстернĕ.

Центральнăй Комитет марксистла-ленинла политика тытса пынă никĕс çинче парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене çĕнĕрен вăйлатас, партин шалти демократине аталантарас, коллективлăн ертсе пымалли принципсене ĕçе кĕртес тĕлĕшпе партилле ĕçĕн стилĕпе меслечĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе туса ирттернĕ пысăк ĕçе съезд пĕтĕмпех ырлать. Парти пурнăçĕн демократилле никĕсĕсене пăхăнса ĕçлессишĕн, администрацилени тата ертсе пырас ĕçĕн канцелярисла-бюрократла меслечĕсене хирĕç, критикăпа самокритикăна сарса пырассишĕн кĕрешни парти массисен активлăхне вăйлатма, парти ĕçĕн коммунистсен ответлăхне ӳстерме, ĕçсыннисен политикăлла тата ĕçри хастарлăхне çĕнĕрен çĕклентерме май пачĕ.

Коммунистсемпе мĕнпур ĕçсыннисен творчествăлла активлăхне ӳстерсе пырас ĕçре уйрăм çынсен историри ролĕ çинчен марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕ пек аталантарса пани пысăк вырăн йышăнчĕ. Съезд çапла шутлать: Центральнăй Комитет, уйрăм çынсене ытлашши пысăка хуни хирĕç тăрса, тĕрĕс турĕ; уйрăм çынсене ытлашши пысăка хурас шухăш сарăлни партипе халăх массисен рольне пĕчĕклетнĕ, партири коллективлă руководство рольне пĕчĕклетнĕ тата хăшпĕр чухне ĕçре пысăк йăнăшсем тăвасси патне илсе пынă пулнă. Съезд Центральнăй Комитета çапла тума хушать: уйрăм çынна ытлашши пысăка хурас шухăш юлашкисене хирĕç пыракан кĕрешĕве вăйсăрлатмалла мар, хăйĕн пĕтĕм ĕçĕнче çакна асра тытмалла: çĕнĕ пурнăç тăвакан чăн-чăн вăйсем вĕсем Коммунистсен партийĕ ертсе пыракан халăх массисем пулса тăрассĕ.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă доклачĕ тăрăх йышăннă резолюци

(1956 çулхи февралĕн 24-мĕшĕнче пĕр саслă пулса йышăннă)

(Вĕçĕ).

Парти пурнăçĕн Ленин туса хатĕрленĕ нормисене çирĕппен пăхăнса тăма, партин шалти демократине аталантарса, коллективлăн ертсе пымалли принципа пăхăнса ĕçлесе тата уйрăм çынсене ытлашши пысăка хунине хирĕç кĕрешсе, Центральнăй Комитет промышленноçпа ялхуçалăхне аталантарас ĕçе ертсе пырассине лайăхлатрĕ, социализмла законлăха пăснисене палăртрĕ тата вĕсене тӳрлетме тивĕçлĕ мерăсем йышăнчĕ, мухтанас тата харпăр хăйне йăпатса ларас шухăш-кăмăла хирĕç кĕрешме чĕнсе каларĕ, совет обществин аталанăвне хăвăртлатма, совет халăхĕн материальнăй ырлăхне малалла ӳстерме пĕтĕм партие, хамăрăн мĕнпур работникĕсене—партире тăраканнисене те, партире тăманнисене те—мобилизацилерĕ.

Хăнăçлăн малалла кайса пыма парти речĕсене малашне те кĕрешӳе хатĕр тытса тăмалла, хамăрăн партиле пĕтĕм ĕçе вăйлатса тата лайăхлатса пымалла. Съезд Центральнăй Комитета çапла туна хушать: партин пĕтĕм организацийĕ ĕçне, пуринчен малтан хуçалăх строительствинчи организаторла ĕçе малалла лайăхлатма мерăсем йышăнмалла. Парти организацийĕсем хуçалăх строительствине конкретлă ертсе пырас ыйтусем çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла, промышленность предприятийĕсен, колхозсен, МТС-сен тата совхозсен ĕçне тĕплĕн пĕлсе ертсе пырас тесе, вĕсен техникипе экономикине вĕренессине вăйлатмалла.

Организацилле ĕçĕн шайĕ, пуринчен ытларах, решенисене пурнăçланине тĕрĕслессине, кадрсене суйласа илес тата воспитани парас ĕçе тĕрĕс йĕркеленинчен тата хуçалăхпа культура строительствин тĕрлĕ участокĕсенче коммунистсене тĕрĕс вырнаçтарса тухнинчен нумай килет. Съезд çапла шутлать: ертсе пырас ĕçе çамрăк кадрсемпе хăюллăнрах çĕнетме, производствăра ĕçлекен коммунистсен йышне ӳстерессипе тимлĕрех пăхмалла.

Съезд партин хăшпĕр организацийĕсем партин ӳсĕмне йĕркелес ĕç çине тимсĕртерех пăхма пуçланине тĕрĕс мар тесе шутлать. Парти речĕсем хисеп тĕлĕшĕнчен мар, пахалăх тĕлĕшĕнчен ӳсни тĕп вырăн йышăнса тăнине асра тытса, съезд парти организацийĕсене çапла туна хушать: малта пыракан çынсене, пуринчен ытларах рабочисемпе колхозниксен шутĕнчен, суйласа партие илессине вăйлатмалла.

Съезд Центральнăй Комитета çапла хушать: партипе совет органĕсен организацилле структурине тата вĕсен ĕçĕн формисене улăштарса пыракан лару-тăрупа килĕшӳллĕн лайăхлатса пырас тĕлĕшпе малалла ĕçлемелле.

Ертсе пырас ĕçĕн районти сыпăкне малалла çирĕплетессипе çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла. Съезд ку тĕлĕшпе парти пысăк ĕç туса ирттернине палăртать, партин ялти вырăнсенчи райкомĕсен структурине çĕнĕлле йĕркеленине, райкомсен МТС енĕпе ĕçлекен секретарĕсем ертсе пыракан инструкторсен ушкăнĕсене туса хунине тĕрĕс тесе шутлать.

Çапла пулин те нумай районсенчи организацисен ĕçĕ парти требованийĕсене тивĕçтерейменст-ха. Ку вăл çакăнтан килет: чылай районсенче райкомсен МТС енĕпе ĕçлекен секретарĕсем тата инструкторĕсем пулма вăйсăртарах, ĕçлĕхне политикăлла пахалăх тĕлĕшĕнчен çителĕксĕр хатĕрленнĕ работниксене çирĕплетнĕ.

Халĕ, ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе сĕршыв умне питĕ пысăк задачăсем тухса тăнă вăхăтра, районсенчи организацисене опытлă тата пултаруллă кадрсемпе çирĕплетесси уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăчĕ. Халăха вăхăтра районти работниксем тӳррĕнех ялсенче пуçламăш парторганизацисенче, МТС-сенче, колхозсенче, совхозсенче ĕçлессĕ, ялхуçалăх ĕçченĕсене Партипе Правительство директивисене пурнăçлама организацилесе пырассĕ. Ку вăл çакна пĕлтерет: халĕ ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе пĕтĕм халăх туса пыракан ĕçĕн ăнăçлăхĕ, пуринчен ытларах, районсенчи организацисен ĕçĕн шайĕнчен килет. Çавăнпа та парти райкомĕсенче ертсе пыракан вырăнсенче, уйрăмах МТС енĕпе ĕçлекен секретарьсемпе инструкторсем вырăнĕнче, çавăн пекех район Совечĕсен исполкомĕсенчи ертсе пыракан вырăнсенче хастарлă, массăсене организацилесе пусаруллă çынсем, ялхуçалăх производствине лайăх пĕлекен çынсем ĕçлемелле. Ку тĕлĕшпе колхозсемпе совхозсенче ӳссе çитĕннĕ чи лайăх работниксене ертсе пыракан ĕçе лартса, çавăн пекех хуласенче промышленность центрĕсенчи çынсене районсенчи ертсе пыракан ĕçе ярса, районти сыпăка çирĕплетес тĕлĕшпе малашне те çине тăрсах ĕçлемелле, МТС-сен, колхозсен тата совхозсен хуçалăх ĕçĕн результачĕсемшĕн районсенчи партипе совет органĕсен руководителĕсене тӳррĕнех пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарса пымалла тăвас пулать.

Çакăнпа пĕр вăхăтрах партин хуласенчи организацийĕсене малалла çирĕплетес тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттермелле, промышленность предприятийĕсен ĕçĕшĕн, уйрăмах наукăпа техникăн чи çĕнĕ çитĕнĕвĕсене тата малта пыракан опыта производствăна кĕртессишĕн, çавăн пекех халăхăн культурăпа пурнăç нушисене тивĕçтерекен мĕнпур предприятисемпе организацисен ĕçĕшĕн партин хула комитечĕсемпе хуласенчи райкомĕсен ответлăхне пур майсемпе те ӳстерсе пыма кирлĕ.

Пĕтĕм парти тата партин кашни уйрăм организацийĕ ĕççыннисен анлă массисемпе тытакан çыхăнусене малалла вăйлатни парти умĕнче тăракан задачăсене пурнăçлама питĕ кирлĕ условие пулса тăрать. Съезд парти органĕсене çакăн пирки асăрхаттарать: ĕççынни депутачĕсен Совечĕсен тата профсоюз организацийĕсен ĕçне вăйлатма кирлĕ, хуçалăхпа культура строительствинче, халăхăн культурăпа пурнăç нушисене тивĕçтерес ĕçре, ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçре вĕсен ролĕне татăклăнах ӳстермелле.

Сĕршывăн обществăлла пурнăçĕнче ленинла комсомол пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вăл хуçалăхпа культура строительствине активлă хутшăнать, çамрăксене коммунизм шухăшĕ майлă воспитани парас ĕçре партие пулăшса пырать.

Анчах та комсомол организацийĕсен ĕçĕнче, уйрăмах вĕсен идейăлла-воспитани ĕçĕнче чылай пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Комсомол организацийĕсем час-часах çамрăксене практикăлла ĕçе явăçтарма пĕлмессĕ, чĕрĕ, организаторла ĕç тăвас вырăнне резолюцисем çырассĕ, ĕç тунă пек кăтартса тĕлĕр тăваççĕ. Çак çитменлĕхсене пĕтерес тесен, комсомола парти енчен ертсе пырассине лайăхлатмалла. Парти организацийĕсен çамрăксем хушшинче воспитани, культурăлла-массăлла ĕçе лайăхрах йĕркелеме кирлĕ условисем туса парассишĕн ытларах тăрăшмалла, комсомолецсене мĕнпур совет çамрăкĕсене государство, хуçалăх тата культура строительствине, сĕршывăн пĕтĕм обществăлла-политикăлла пурнăçне татах та активлăрах хутшăнтармалла.

Съезд çапла шутлать: пропаганда ĕçне коммунизм строительствин практикинчен уйрăм туса пынине пĕтересси идеологилле ĕçри чи кирлĕ задачăсенчен пĕри пулса тăрать. Марксизм-ленинизмăн творчествăлла шухăшĕшĕн ют догматизмпа начетчикăлла пĕтерсе, хамăрăн пропагандăна тата агитацие коммунизмăн материальнă-производствăлла базине туса хурас, материальнăй тата культурăлла ырлăх-пурлăхсем питĕ нумай туса хатĕрлес, граждансен коммунизмла ăнланулăхне ӳстерес ĕç задачисене тачăрах çыхăнтарни кирлĕ. Пропаганда задачи çакăнта пулать: унăн марксизм-ленинизм теорине ăнлантарса памалла кăна мар, вăл марксизм-ленинизма практикăра пурнăçласа пыма пулăшмалла.

Съезд çакна палăртать: партин йывăр индустрие ытларах аталантарса пымалли тĕп çул-йĕрĕнчен пăрăнма хăтланнисене, çавăн пекех пирĕн сĕршывра социализм тăвасси çинчен тăракан мĕтури тата теори ытти хăшпĕр ыйтăвĕсенчи пăтратăва Центральнăй Комитет вăхăтра тăрă шыв çине кăларчĕ.

Съезд Центральнăй Комитета çапла туна хушать: марксизм-ленинизм теорийĕн тасалăхне малашне те куç шăрçине упранă пек упрамалла, коммунизмшăн пыракан практикăлла кĕрешӳ процесĕнче ăна историлле çĕнĕ опыта тата чĕрĕ пурнăç фактĕсене пĕтĕçтерни никĕс çинче творчествăлла аталантарса пымалла, çакăнпа пĕрлех буржуалла идеологи палăрăмĕсене хирĕç малашне те пĕтĕм вăйпа кĕрешмелле.

Съезд çакна палăртать: ĕççыннисене, пуринчен малтан çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парасси питĕ кирлĕ задача пулса тăрать, ку тĕлĕшпе парти организацийĕсене идейăлла воспитани мĕнпур меслечĕ-хатĕрĕсемпе—пропагандăпа, агитацие, пичетпе, радиопа, культурăпа сутĕç организацийĕсемпе тата учрежденийĕсемпе, наукăпа, литературăпа тата искусствăпа туллинрех те активлăрах усă курма хушать.

Съезд çирĕп шанса тăрать: чĕлĕ марксизм-ленинизм вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ хăйĕн ялавĕ айĕнче пĕтĕм совет халăхне татах та тачăрах пĕтĕçтерĕ, ăна коммунизмăн пĕтĕм тĕнчипех паллă историлле çĕнĕ çĕнтерĕвĕсем патне илсе çитерĕ.

Мускав. Кремльти Пысăк Дворец. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ.

УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ: Д. Ибаррури (Испанири компарти) тата В. Червенков (Болгарири компарти) съезд делегачĕсемпе калаçаççĕ.

В. Савостьянов фотоӳкерчĕкĕ. (ТАСС фотохроники).

# Н. И. Беляев юлташ сăмахĕ

Юлташсем! Отчетлă тапхăрта пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ сĕршыва çĕнĕ çĕнтерӳсем патне илсе пычĕ, вилĕмсĕр Ленинăн аслă ялавне çӳле тытса пычĕ.

Çав ялав айĕнче сĕршыва коллективлă ертсе пырассин ленинла принципĕсене тата партин шалти ĕçĕсенчи демократине çирĕп пурнăçласа пыни, партипе халăх хушшинчи çыхăнăва пĕрмай çирĕплетсе пыни — çаксем Центральнăй Комитета пысăк çитĕнӳсем тума май пачĕç, XX съезда партипе сĕршыв çав çитĕнӳсемпе кĕтсе илчĕ. Иккĕленмелли çук, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ пирĕн партин коммунизмшăн пыракан кĕрешӳ историйĕнче паллă вырăн йышăнĕ, марксизм-ленинизм вĕрентĕвне пуянлатса хăварĕ.

Историлле çĕнĕ условисене шута илсе, Центральнăй Комитетăн отчетлă докладĕнче марксистла теори принциплă, питех те паллă положенийĕсене творчествăлла аталантарса панă.

Н. С. Хрущев юлташ докладĕнче тĕнче аталанăвĕн чи кăткăс ыйтăвĕсене ĕççыннисен анлă массисем лайăх ăнланмалла сутăтса панă, çав докладра мĕнпур халăхсем хушшинче туслăх тума хĕрӳллĕн чĕнсе каланă, унта малалла пыракан социализм вăйĕсен хавхалантаракан малашлăхĕсене уçса кăтартнă. Çав докладра çĕнĕ тĕнче вăрçине чарса лартма май пуррине кăтартса пани миршĕн кĕрешекен миллионшар çынсене аслă шанчăкпа хĕçпăшаллантарать.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсем çинчен Н. А. Булганин юлташ съезда каласа пачĕ. Çав Директивăсем Коммунистсен партийĕн çитес çывăх тапхăрти программăлла положенисен конкретлă кăтартăвĕсем пулса тăраççĕ. Вĕсем малтан пуçласа вĕçне çитиччен СССР халăх хуçалăхне хăвăрт çĕклентерес тата халăх ырлăхĕшĕн тăрăшас тĕллевпе çыхăнса тăраççĕ.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план тăрăх йывăр промышленноçа аталантарассине малти вырăна тăратнă. Вăл халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене малалла вăйлатмалли материальнă-техникăлла никĕс пулса тăрать. Ялхуçалăх производствине вăйлатассине Директивăсен проектĕнче палăртнă чухлĕ пурнăçлани пире халăха кирлĕ тĕп продуктсем тата çăмăл промышленность валли чĕртавар ытларах та ытларах пуласси патне çывхартса çитерет.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план халăх демократи сĕршывĕсемпе экономика тĕлĕшĕнчен пĕрле ĕçлессине çирĕплетме тата аталантарма пулăшать, пĕртанлăх тата пĕр-пĕрне усă кӳрес никĕс çинче ытти сĕршывсемпе ĕçлĕ çыхăнусем тытассине анлăлатма май парать.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план тăрăх СССР халăх хуçалăхне аталантармалли хăвăртлăхсем пысăк, çапах та вĕсем пурнăçа кĕрĕç, улттăмĕш пилĕк çуллăх план срокчен пурнăçланĕ. Иккĕленмелли çук, пĕтĕм совет халăхĕ ырланă пекех, улттăмĕш пилĕк çуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсене пирĕн партин XX съезчĕ пĕр кăмăллă пулса йышăнĕ. (Алă çупаççĕ).

I.

Н. С. Хрущев юлташ тата Н. А. Булганин юлташ тунă докладсенче социализмла ялхуçалăхĕнчи ĕçсем мĕнле пулса пынине наука енчен тарăн никĕслесе илсе кăтартнă, 1953 çулчченхи пулнă пысăк йăнăшсемпе çитменлĕхсене палăртнă тата ялхуçалăх производствин мĕнпур отраслĕсем малашне вăйлăн аталанмалли тĕп çула кăтартса панă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн отчетлă докладĕнче çапла каланă: «Сĕрĕçĕнчи пирĕн тĕп задача çакăнта пулать: тырпул тухăçлăхне ӳстерсе тата çĕнĕ çĕрсемпе усă курассине малалла сарса пынă никĕс çинче улттăмĕш пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле кашни çул 11 миллиард пăт таран тĕштырă туса илмелле, техникăлла культурăсем — çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, йĕтĕн, кантăр, хĕвелçаврăнăш акакан лаптăксене сарса пымалла тата вĕсен тухăçлăхне чылай ӳстермелле, çавăн пекех сĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине татăклăнах вăйлатмалла».

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче çĕр мамăк-сырец туса илессине 56 процент, йĕтĕн сӳсĕ—35 процент, сахăр кăшманĕ — 54 процент, çĕрулми — 85 процент, пахча çимĕç—2,2 хут, аш тата сĕт—2 хут, çăмарта—2,5 хут тата çăм туса илессине—1,8 хут ӳстерме палăртнă.

Ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине çавăн пек вăйлатма пирĕн мĕн кирли пур-те пур: ялта хуçалăхăн социализмла формисем пуçпулсе тăрать, машина-трактор станцийĕсем нумай тунă, социализмла малта пыракан хăватлă промышленность ялхуçалăхне чи лайăх техника парса тăрать, ялхуçалăхĕнче квалификациллĕ специалистсемпе организаторсем сĕршер пин çын ĕçлессĕ.

Совет государстви юлашки 5 çул хушшинче кăна ялхуçалăхне аталантарас ĕçе 68,6 миллиард тенкĕ расходланă, вăл пĕрремĕш пилĕкçуллăхра расходланинчен 7 хут, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхринчен 2,5 хут ытларах шутланать. СССР Госпланĕн даннийĕсем тăрăх, ялхуçалăхне укçа-тенкĕ хывасси улттăмĕш пилĕкçуллăхра пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхринчен 2 хут, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхринчен 5 хут, пĕрремĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан вара, 14 хута яхăн ытларах пулать.

Малта каланă политикăлла, организаципе техникăлла тата материальнăй условисемпе пуринпе те туллин усă курни, юлташсем, пире улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе панă задачисене тултарма кăна мар, кĕскерех сроксенче ирттерсе тултарма та май параççĕ. Съездра тухса каланă юлташсем пĕлтернĕ тăрăх, уйрăм колхозсем, совхозсем, районсем кăна мар, пĕтĕм облаçсемпе республикăсем тĕштырăпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илес тĕлĕшпе пилĕкçуллăхра палăртнине пĕр-икĕ çул хушшинчех тултарма обязательствăсем йышăнаççĕ.

Ялхуçалăхне вăйлатмалли пирĕн пысăк майсем пуррине халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсемпе усă курма тытăнас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туни кăтартса парать. Юлашки 2 çул хушшинче сухаланă çĕнĕ çĕрсем çине 1956 çулта акнă лаптăк 33 миллион гектар пулать, вăл шутран совхозсенче 13 миллион гектар ытларах. Çав пысăк ĕçсене тивĕçлипе хаклас пулсан, çаксене аса илмелле: 12 çул хушшинче, 1928 çултан пуçласа 1940 çула çитиччен, танлаштарма май пур территорисене илсен, ССР Союзĕнче акакан лаптăк 23,5 миллион гектара çити ӳснĕ, халиччен сухаламасăр выртнă çĕрсем çинче тунă совхозсенче çĕнĕрен сухаласа акакан лаптăк 1956 çултах совхозсем 1940 çулта акнă пĕтĕм лаптăкран иртет.

Ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăхри заданисене кĕскерех срокра тултарас тĕллев пирĕн организацилле-партилле ĕçре тата халăх хушшинчи пропаганда ĕçĕнче тĕп вырăнта тăмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхри заданисене пĕтĕмпех тата ирттерсе тултарас тĕлĕшпе çĕнĕ резервсем тупса вĕсемпе пуринпе те усă курни пирĕн ĕçре пысăк вырăнта тăмалла. Ялхуçалăхĕнче ун пек резервсем нумай, вĕсемпе эпир халĕ те начар усă куратпăр. Тĕслĕхрен, тырпулсене пухса кĕртнĕ чухне тăкаксемпе кĕрешес ĕçе илер. Тăкаксем пулассинчен хăтăлас ĕçре чи кирли вăл тырпулсене кĕске срокра, тырăсем пулса çитсен 7—10 кун хушшинче пухса кĕртни пулать. Çапла пулин те чылай колхозсемпе МТС-сем тата совхозсем тĕштырăсене пухса кĕртес ĕçе 15—20 кун хушши е унтан та ытла тăсаççĕ, çавăнпа та, ялан тенĕ пекех, кашни гектар пуçне 2—3-шер центнер е унтан та ытларах тырă çухатаççĕ.

Тырпулсене çулса пултарса пухса кĕртсен ĕç срокĕсене кĕскетме тата тăкаксене сахаллатма пулать. Çулса пултарса пухса кĕртнĕ чухне тырă пĕрчисем ăвăс пек хытса çитсенех, тырпулсене ытти чухнехинчен 5—7 кун маларах çулса тухма юрать. Çавна пула вара гектар пуçне 2 центнер е унтан та ытларах тырă тухăçĕ нумайрах пулать. Çавăн пек пулма пултарнине наукăпа тĕпчев учрежденийĕсем тата чылай совхозсенчи практикăлла ĕçсем 1931—1932 çулсенчех кăтартса панă пулнă. Анчах, тырпулсене çулса пултарса пухса кĕртни питĕ усăллă пулин те, ялхуçалăх тата совхозсен министерствисем çав прогрессивлă меслет çинчен шарламасăр, сĕршывра колхозсемпе совхозсене пĕлтермесĕр тăнă. КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕ хыççăн кăна, — унта тырпул пухса кĕртнĕ чухне пулакан тăкаксем çинчен уйрăмах çивĕччĕн ыйту лартнă май, — тырпула çулса пултарса пухса кĕртес ĕçе пурнăçлама тытăннă.

1955 çулта МТС-семпе совхозсем валли комбайнсен хедерĕсем çумне лартмалли 50 пин лафет тата çулнă тырра пухса пымалли 85 пин машина туса кăларнă, тырпулсене çулса пултарса 1 миллион та 700 пин гектар çинчен пухса кĕртнĕ. Ку вăл тĕштырăсем йышăннă лаптăкăн 2 процентĕнчен те каярах пулать. Тырпулсене çулса пултарса пухса кĕртес меслетпе Белгород, Куйбышев, Липецк, Ульяновск, Балашов, Воронеж облаçĕсенчи колхозсенче нумайрах усă курнă, вĕсем пухса кĕртмелли мĕнпур лаптăкран 8 процентран пуçласа 14 процента çити çулса пултарса пухса кĕртнĕ. Молотов, Кемерово, Тюмень, Арзамас тата ытти чылай облаçсенче вара иртнĕ çулта тырпула çулса пултарса пухса кĕртмен.

1955 çулта тĕштырăсем акнă лаптăкран 25 процентне кăна çулса пултарса пухса кĕртсе çав лаптăкран кашни гектар пуçне 2-шер центнер кăна ытларах тырă пухса илнĕ пулсан, эпир 350 миллион пăт ытларах тырă пухса кĕнĕ пулăттăмăр.

Тырпулсене çулса пултарса пухса кĕртес меслете анлăн сарса пырас задача çав прогрессивлă меслете тивĕçлипе хаклама кăна мар, ăна пурнăçламашкăн техника туса пама та ыйтать. Тырпула çулса пултарса пухса кĕртмелли механизмсем калĕ МТС-семпе совхозсенче мĕн чухлĕ пуррине шута илсе пăхсан, вĕсем 5—6 миллион гектар çинчи тĕштырăсене е 4—5 процентне кăна пухса кĕртме çитеççĕ. Ку пачах çителĕксĕр ĕнтĕ. Машинăсемпе трактор хыçне кăкармалли комбайнсем тĕлĕшпе облаçсен чи кирлĕ ыйтăвĕсене тивĕçтерес пулсан та, 1956 çулта тырпулсене пухса кĕртме ялхуçалăхĕ валли планпа палăртнинчен ытларах 100 пин жнейка тата çулнă тырра пухмалли 150 пин машина кирлĕ пулаççĕ.

1956 çулта тырпула çулса пултарса пухса кĕртме пирĕн техника ытларах пултăр тесен, жнейкăсем тата çулнă тырра пухмалли машинăсем чылай ытларах туса кăларас пулать.

Тĕштырă туса илессине ӳстермелли тата выльăх апачĕн никĕсне тĕреклетмелли тĕп резерв вăл кукуруза ытларах акса туни пулать. Кун пирки пĕрре кăна мар каланă ĕнтĕ. Кукуруза нумай акса тăвакан колхозсемпе совхозсем халĕ сĕршывăн кашни зонинчех сĕртеррĕн шутланаççĕ. Вĕсем акакан сĕр лаптăкĕн структурине улăштарса кукуруза ытларах акма тытăннипе тĕштырă туса илессине кĕске срокрах ӳстерчĕç, выльăх апачĕн никĕсне тĕреклетрĕç, çавна май вара выльăх-чĕрлĕхрен продукци нумайрах туса илме тытăнчĕç, колхоз тупăшне ӳстерчĕç тата колхозниксен пурнăçне лайăхлатрĕç.

1955 çулта сĕршыври колхозсемпе совхозсенче 18 миллион гектар яхăн кукуруза акнă. 1954 çулта 4,3 миллион гектар акнă пулнă. Кукуруза нумайрах акни иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче 17 миллион тонна ытларах силос хывса хăварма май пачĕ, çав шутран 6 миллион тонна ытла кукуруза пуçĕсене силосланă пулнă. Çавăнпа пĕрлех кукуруза акни выльăх-чĕрлĕх валли концентратсем ытларах уйăрса пама та пулăшнă.

1955 çулта Украина ССР-ĕнчи колхозсенче кукуруза ытларах акма тытăнни вăтам шутпа кашни ĕне пуçне 6-шар тонна ытла тата кукуруза пуçĕнчен кашни сысна ами валли 43-шер центнер силос хывма май панă. Воронеж тата Белгород облаçĕсенчи колхозсенче кашни сысна ами пуçне 40-шер центнер сĕтленсе хытма пуçланă кукуруза пуçĕ хатĕрлесе хунă. Анчах та, вырăнти партипе совет органĕсен руководителĕсем, вĕсемпе пĕрле МТС-семпе совхозсен директорĕсем тата колхоз председателĕсем те тивĕçлипе тăрăшман облаçсенче кукуруза тухăçлă пулмап, вĕсем çав культурăн уйрăмлăхĕсене тĕпчесе пĕлмен, ăна акма участок суйласси çине сиелтен пăхнă, акмалли срокĕсене палăртассине тата калчасене пăхса ӳстерес ĕçсене шаблон тăрăх тунă, кукуруза акса тума чи кирлĕ ĕç—çынсем хатĕрлессине организацилемен пулнă.

Ульяновскпа Пенза облаçĕнчи тата Мордва АССР-ĕнчи тăпрапа çанталăк условийĕсем кукурузăна силослăх та, тĕштырăлăх та пысăк тухăçлă ӳстерме май параççĕ. Анчах 1955 çулта çав облаçсенче кукурузăн çулçипе тунине сахал туса илнĕ, кукурузăн сĕтленсе хытма пуçланă пуçĕсене пачах та илеймен. Çавна пула Пенза облаçĕнче гектартан 24-шар центнер, Ульяновск облаçĕнче—29-шар центнер, Мордва АССР-ĕнче — 37-шер центнер кăна кукуруза силосĕ хывса хăварнă.

Çав вăхăтрах, юлташсем, çак облаçсенчи малта пыракан колхозсем силос валли пысăк тухăçлă кукуруза çулçисемпе сĕтленсе хытма пуçланă кукуруза пуçĕсем нумай пухса кĕртнĕ.

Грузи ССР-ĕнчи тата Узбек ССР-ĕнчи колхозсем 1955 çулта пĕчĕк тухăçлă кукуруза ӳстернипе инепле те килĕшме çук. Кукуруза акса унăн тĕшшине те, силос массине те çулленех тухăçлă туса илме кунта тăпрапа çанталăк условийĕсем уйрăмах питĕ лайăх. Кунсăр пуçне тата çав хаклă культурăна акса тăвас тĕлĕшпе вĕсен опыт та нумай.

1956 çулта кукуруза акнă лаптăксем ӳсеççĕ. Задача çапла тăрать: колхозсемпе совхозсенче пуринче те кукуруза акса тумалли агротехникăна лайăх пĕлекен кадрсем хатĕрлемелле. Çакă вăл пысăк тухăçлă кукуруза ӳстерме май парĕ.

Кукуруза тухăçлăхне ӳстермелли чи кирлĕ условисенчен пĕри вăл ăна гибридлă вăрлăхсемпе акасси çине хăвăртрах куçни пулать. Ку тĕлĕшпе ялхуçалăх, совет тата парти органĕсен кăçалах пысăк ĕçсем туса ирттермелле пулать, вĕсен гибридлă вăрлăх тăвакан хуçалăхсене уйăрса хумалла, çав хуçалăхсене кирлĕ техника тупса памалла, çавăнпа пĕрлех гибридлă çĕнĕ вăрлăх кăлармалли тата маларах кăларнă гибридлă вăрлăха ӳстермелли наукăлла меслетсене тупса палăртас ĕçсене анлă организацилемелле.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче техникăлла культурăсене туса илессине чылай ӳстерме палăртнă. Сахăр кăшманĕ акнă лаптăк çитес çывăх çулсенче сахалтан та 2,5—2,6 миллион гектара çитмелле, пухса кĕртнĕ сахăр кăшманĕ вара 500 миллион центнера яхăн пулмалла, çакă вăл сахăр туса кăларассине кашни çын пуçне икĕ хута яхăн ӳстерме май парать.

Çав программăна пурнăçлас тĕлĕшпе сахăр кăшманĕ акса тăвакан тĕп районсенче ăна ытларах акма тытăнмалла тата сахăр кăшманĕн тухăçлăхне ӳстермелле, çавăнпа пĕрлех тата чылай çĕнĕ районсенче, чи малтанах Россия Федерацийĕн кĕренен облаçсенче сахăр кăшманĕ акма тытăнмалла. МТС-сене тата колхозсене сахăр кăшманĕ акмалли, калчасене пăхса ӳстермелли, пухса кĕртмелли тата тиемелли

(Вĕçĕ 4-мĕш страницăра).

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН XX СЪЕЗЧĔ

# Н. И. Беляев юлташ сăмахĕ

(Вĕçĕ).

техника тăратас ĕçе лайăхлатмалла, çавăнпа пĕрлех сахăр кăшманĕ акакан районсене минераллă удобренисемпе ядохимикатсем парассине чылай ÿстермелле.

Сахăр кăшманне турттарма кирлĕ ĕç вăйне чакарма чĕр кăшмана тиессипе пуçтарассине механизациленĕ пулăшать. Сахăр кăшманне пухса кĕнĕ вăхăтра иртнĕ çулта эпĕ Тамбов облаçĕнче пултăм. Колхозницăсем çапла каласçĕ: кăшман пухса кĕртмелли комбайн — лайăх машина, анчах та сахăр кăшманне тиенĕ чухне пире пулăшма «механизациленĕ мужик» кирлĕ пулать. Сахăр кăшманне тиемелли механизмсем туса кăларасси пирĕн промышленность умĕнче тăракан вăраха ямалла мар задача пулса тăрать.

Сахăр кăшманĕ акса тăвас ĕçе анлăлатни, ăна çĕнĕ районсене куçарса пыни пире сахăр завочĕсем çĕнĕрен лартма тата сахăр кăшманĕ акакан зонăсенче çулсем тума хушаççĕ. Çĕнĕ заводсен проекчĕсене тата заводсене тунă чухне вĕсен хăватне чĕртаварсен зонисен талккишне шута илсе тумалла. Çĕнĕ заводсене кĕскерех срокçенче тумалла. Краснодар крайĕнче юлашки çулсенче акă мĕн палăрчĕ: сахăр кăшманĕ акнă çĕр лаптăкне 17 пин гектартан 37 пин гектара çитернĕ, анчах çĕнĕ сахăр завочĕсем лартман пулнă. Çавна пула вара Краснодар крайĕнче ÿстернĕ сахăр кăшманне Украина ССР-ĕнчи, Воронеж тата ытти облаçсенчи заводсене турттарнă, ку вăл пысăк тăкаксем пуласси патне, государство укçи-тенкине усăсăр пĕтерессипе тата транспорта усăсăр ĕçлеттерессипе патне илсе пынă.

Ялхуçалăхне хăвăрт аталантарас тата çĕршывра выльăх-чĕрлĕхрен продукци туса илессине ÿстерес тĕлĕшпе партипе правительство йышăннă мерăсем усăллă пулни курăнчĕ те ĕнтĕ. Иртнĕ 1955 çулта государство сĕт, аш, çăмарта тата çăм 1954 çулхинчен чылай ытларах хатĕрленĕ. Ĕçсыннисен материальнăй условийĕсем пĕрмай лайăхланса пыраççĕ, анчах вĕсен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем енĕпе ÿссе пыракан ыйтăвĕсене халлĕхе пĕтĕмпех тивĕçтерейместпĕр-ха. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине малалла ÿстерес пырас тĕлĕшпе нумай ĕçлемелле пулать.

Сыснасем ытларах ĕрчетни аш туса илес ĕçе хăвăртлатать. Аш туса илессине чи малтанах сыснасем ĕрчетес ĕçе аталантарнипе ÿстерме лартнă задача пысăк та кирлĕ ĕç пулса тăрать. Çĕршывра туса илнĕ пĕтĕм ашран 50 проценчĕ сысна ашĕ пулмалла.

Çĕршывра сысна ашĕ туса илесси халĕ те питĕ вăраххăн ÿссе пырать. Сухаланан 100 гектар çĕр пуçне пирĕн 30 центнертан кая мар сысна ашĕ туса илмелле, чăннипе вара унтан чылай сахалрах туса илетпĕр.

Çĕршывра, пуринчен ытларах колхозсемпе совхозсенче, сысна ашĕ туса илес ĕç çителĕксĕр пулса пыни çаксенчен килет: чылай çĕрте сысна ĕрчетес ĕç çине, çемçен каласан, тĕрĕс пăхмаççĕ, сыснасем валли апат хатĕрлес, витесем тăвас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнмасçĕ, сыснасем нумай вĕлерсе пĕтереççĕ. СССР Ялхуçалăх министерствипе СССР Совхозсен министерстви айăпĕсене пула сыснасене самăртас ĕçе, тĕрĕссипе илсен, пăтраштарса янă, колхозсемпе совхозсенчен сыснасене салă тата çурма салă валли самăртма ыйтнă, ашлăх тата бекон тума хăвăртрах та йÿнерех майсемпе самăртас ĕçе шута илмен.

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ ялхуçалăх органĕсем тунă йăнăшсене тÿрлетрĕç, халĕ ĕнтĕ сысна ĕрчетес ĕçе вăйлатса пыраç, çĕршывра кĕске срокрах сысна ашĕ туса илессине хăвăрт ÿстерес задача тăрать.

1955 çулхипе танлаштарсан, 1960 çулта сысна ашĕ туса илесси 2,6 хут ÿсмелле, колхозсенче вара 5,5 хут ÿсет, туса илнĕ пĕтĕм аш балансĕнче сысна ашĕ 50 процента яхăн йышăнать.

1956 çултан пуçласа сыснасене массăллăн самăртассине организацилес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттермелле, çав тĕллевпе çамрăк сыснасемпе пуринпе те хĕлле тата çуркунне çуралнисемпе те усă курмалла. Сыснасем самăртас ĕçе уйрăммăн контроллесе тăмалла. Халĕ хăшпĕр облаçсемпе районсен руководителĕсем сысна самăртас ĕçсем çинчен нумай калаçаççĕ, анчах та колхозсенче хĕллехи çурасене сыхласа хăварас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Ăнсăртран мар пулас, РСФСР-а кĕрекен 78 облаçсенче, крайсемпе республикăсенче кăçалхи февралĕн 1-мĕшĕ тĕлне самăртма хупнă сыснасем мĕн пурĕ те 900 пин пуç кăна пулнă, çав вăхăтрах Украинăри колхозсенче 1 миллион та 650 пин пуç е икĕ хут яхăн ытларах сысна самăртма хупнă.

II.

Пирĕн [illegible] çитменлĕхсем çакăнта пулнă: социализм системи малта тăнипе эпир нумай чухне пĕтĕмпех усă курман, ку вăл ялта пулса иртекен процессене [illegible] часах тĕрĕс пĕлсе тăманнинчен килнĕ, хăшпĕр чухне тата ĕçе социализмла ялхуçалăхне аталантармасене çыхăнтарса туса пыман. Пирĕн хуçалăх аталанăвĕнче тухса тăракан явленисене çителĕксĕр пĕтĕçтерсе пынă, пирĕн ученăйсем вара, чи малтанах экономистсем, колхозсемпе совхозсем тата МТС-сем малта тăни çинчен ытларах çырнă тата каласнă, çĕршывра тырă, аш, сĕт, сахăр кăшманĕ, çĕр мамăкĕ тата ялхуçалăхĕн ытти продукчĕсене туса илессине ÿстерес ĕçре хуçалăх системи малта тăнипе тулинрех усă курмалла тăвас тĕлĕшпе сахал ĕçленĕ.

Çаксем пурте ялхуçалăхне çĕклентерсе пырассине чарса тăнă, мĕншĕн тесен вĕсем мĕн кивелнине кăтартса паман тата сирсе пыман, аталануран тухса тăнă çĕнĕлле, прогрессивлă явленисене хăшпĕр чухне вăхăтра тата кирлĕ пек хÿтĕлени пулман.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти тата ун хыççăнхи Пленумĕсем йышăннă решенисен питĕ пысăк пĕлтерĕшĕ çакăнта: вĕсенче пурнăçăн пур енĕсене те тĕплĕн тишкерсе тухнă, социализмла ялхуçалăхĕ малалла аталанмалли çул-йĕр çинчен марксизм-ленинизм вĕрентнине творчествăлла аталантарса пынă. Çав решенисенче кучуххехи условисенче социализм системи малта тăнипе усă курма мĕн чăрмантарнисене пурне те ленинла кăтартса панă, ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатма çĕршыва наука енчен çирĕплетнĕ программăпа хĕçпăшалпаллантарнă.

Пирĕн çĕршыв аталанса пынă вăхăтра тĕрлĕ ыйтусем тухса тăнă тата малалла та тухса тăрĕç, вĕсене пĕтĕçтерсе тĕплĕн тĕпчесе вĕренмелле тата татса памалла. Çав ĕçре пирĕн экономикăлла наука пысăк вырăнта тăмалла. Ялхуçалăх продукцине нумайрах туса кăларассине кирек мĕнле майпа та мар, продукция единицине пуçне ĕç вăйĕ тата укçа-тенкĕ сахалрах пĕтерсе пурнăçлама тăрăшмалла. Эпир тĕрĕс те хăвăртрах татса пама тивĕçлĕ чи пысăк ыйтусенчен пĕри вăл ялхуçалăх отраслĕсене çĕршывăн тăпрапа экономика зонисем тăрăх наука вĕрентнĕ пек тĕрĕс вырнаçтарса тухасси тата специализацилесси пулать.

Ялхуçалăх производствине лайăхрах йĕркелес тесен, кашни уйрăм зонăра çанталăк условийĕсенче пысăк тухăç паракан культурăсене акмалла тата продукци ытларах паракан выльăхсене ĕрчетмелле. Çавăнпа пĕрлех уйрăм культурăсене акса туса тата выльăхсене ĕрчетнĕ чухне вырăнти çынсен ку тĕлĕшпе пухăннă опытне те шута илес пулать.

РСФСР-ăн çурçĕр-хĕвеланăçĕнчи облаçсенче йĕтĕн акса туна, çĕрулма лартса туна тата клеверпа кукуруза акассине вăйлатнă никĕс çинче сĕт продукцине ÿстерме лайăх условисем пулни пуриншĕн те паллă. Анчах çав облаçсенче йĕтĕн-долгунец, клевер тата çĕрулми лаптăкне пĕчĕклетнĕ, сĕт суса илессине сахаллатнă. Çав вăхăтрах кунта, çурхи тулă вăйлă пулмасть пулин те, çав культурăн лаптăкне ÿстерсе пынă. Краснодар крайĕнче кукуруза тĕшшине ытларах туса илнипе сыснасем ĕрчетес ĕçе вăйлатма питĕ лайăх условисем пур.

Хăшпĕр экономистсем-аграрниксем колхозсен, МТС-сен тата совхозсен кулленхи пурнăçĕнчен уйрăлса тăнипе конкретлă экономика тĕлĕшпе нимĕн те туман, хуçалăхăн уйрăм отраслĕсем усăллă е усăллă марри çинчен тĕпчесе вĕренмен, экономистсенчен пĕр пайĕ колхозсенче хаклăх законĕ палăрнине шута илмен; çавăн пек ытпашсем çапла шутланă: колхоз производствинче туса кăларнă продукцин хăйне ларакан хакне пĕлме май çук, продукци тума вăхăт мĕн чухлĕ пĕтернине шута илме урăх показательсемпе усă курмалла, тенĕ.

Уйрăм экономистсем продукцин единицине тума обществăлла кирлĕ ĕçе сахалрах пĕтерес принципа ялхуçалăх производствине тĕрĕс вырнаçтарас тухăс ĕçре шута илмелле тенине хăшпĕрисем сивленĕ пулнă. Колхоз производствинче хăйне ларакан хак категорийĕ те çук тесе шутланă. Çавсене пула колхоз производствинчи производство тăкакĕсене, хăйне ларакан хака тата ĕç тухăçлăхне шутлас ыйтусене палах те тĕпчесе вĕренмен.

Теорилле çавăн пек пăтраштару ялхуçалăх аталанăвĕнче хаксем паллă вырăн йышăнса тăнине хакламанни патне илсе пынă. Юлашки вăхăтра партин Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăх продукчĕсене хатĕрлевпе закуп шучĕпе илмелли хаксене улăштарса чылай ÿстерчĕ, çавăн пек улăшнусем туни уйрăм культурăсемпе отраслĕсене аталантарас тĕлĕшпе колхозсемпе колхозниксене пурлăх енчен хавхалантарас ĕçре пысăк вырăн йышăнчĕ. Ялхуçалăхĕнчи хаксене йĕркелесе çитерес тĕлĕшпе малалла те ĕçлемелле пулать. Чылай ялхуçалăх продукчĕсен хакĕсене производство условийĕсем урăхларах пулнă чухне тунă. Халĕ те ялхуçалăх продукцийĕ енĕпе тĕрлĕ хаксем пур (хатĕрлев хакĕ, закуп шучĕпе илмелли хак, контрактаци хакĕ, преми-надбавкăсем тата ыт. те), ялхуçалăхĕн хăшпĕр продукчĕсен хакĕне çав продукчĕсене тума тухакан тăкаксен хакĕ хушшинче тивĕçменлĕхсем пур. Ялхуçалăхĕн уйрăм продукчĕсен хакĕсем продукцин единицине тума материальнăй япаласемпе ĕç вăйĕ мĕн чухлĕ пĕтнипе шайланса тăмалла, çакă вăл уйрăм культурăсем ытларах акма тата уйрăм отраслĕсене аталантарма хавхалантармалли май пулса тăмалла.

Экономикăлла наука юлса пынине пĕтерес пулать. Экономист-аграрниксем çаксене тума тивĕçлĕ: вĕсем акса тăвакан уйрăм культурăсем тата уйрăм отраслĕсем хуçалăх тĕлĕшĕнчен мĕн таран усăллă пулнине тĕпчесе пĕлччĕр, колхозсемпе МТС-сенче тата совхозсенче производство тăкакĕсене, вĕсем туса кăларакан ялхуçалăх продукцин хăйне ларакан хакне пĕчĕклетмелли майсене тупса хатĕрлеччĕр, вĕсем ĕç тухăçлăхне ÿстерес, ялхуçалăх производствине специализацилес, ялхуçалăх продукчĕсен хакне тăвас, уйрăм вырăнсенче çĕр мĕнле тупăш панине пĕлес ыйтусене татса паччăр. Машина-трактор станцийĕсене хуçалăх расчечĕ çине куçарас тĕлĕшпе парти ирттерекен ĕçре экономикăлла наукăн нумай пулăшмалла.

Çĕнĕ агротехникăлла майсем, çĕнĕ машинăсем тата ÿсентăран сорчĕсемпе выльăх ăрачĕсем хуçалăха мĕн таран усă панине те экономистсен тĕпчесе пĕлес пулать. Экономистсем, агрономсем тата механизаторсем çырса кăларнă хăшпĕр кĕнекесенче (Басюкăн 1946 çулта кăларнă «Колхоз производствине организацилесси», Свирщевскин 1953 çулта кăларнă «Социализмла ялхуçалăхне механизацилесси» тата Н. С. Соколов редакцилесе 1955 çулта кăларнă «Çĕрĕç никĕсĕ» ятлă кĕнекесенче), экономикăлла нимĕнле анализ тумасăрах, пучахлă культурăсене пурне те комбайнпа пухса кĕртни тыррине пухса кĕртес ĕçре чи лайăх меслет пулать тесе пропагандăланине йĕркеллĕ япала тесе йышăнма çук.

Экономикăлла наукăн задачи — колхозсемпе совхозсем тунă çитĕнÿсемпе малта пыракан опыта анлăн пĕтĕçтермелле, конкретлă хуçалăхсенче ялхуçалăх производствине лайăх организациленĕ тĕслĕхсене кăтартса памалла.

III.

Нацин ыйтăвĕ тĕлĕшпе Ленин кăтартса пани тăрăх ĕçлесе, ытлашши централизацилеине пĕтерес тĕлĕшпе XIX съезд хыççăнхи вăхăтра Партипе Правительство чылай мерăсем йышăнчĕç, çавна май союзлă республикăсемпе автономиллă республикăсенчи Министрсен Совечĕсен тата министерствăсен прависем нумай анлăланчĕç. Çаксем вĕсем хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсенĕ пурнăçлас ĕçре вырăнти органсен творчествăлла активлăхĕпе пуçарулăхне вăйлатма пулăшрĕç.

Анчах та çакна калма тивет: РСФСР Министрĕсен Совечĕн тата Россия Федерацийĕн министерствисен ĕçĕсенче активлăх палăрмаллах ÿсни курăнмасть-ха. Облаçсенче тата крайсенче пулса иртнĕ парти конференцийĕсенче Россия Федерацийĕн республикăри органĕсене питĕ çивĕч критиклерĕç.

Каменск облаçĕнчи парти конференцийĕнче РСФСР Ялхуçалăх министерствине облаçри управленисене çителĕклĕ пулăшманшăн, ĕçа тĕрĕслесе тăманшăн тата канцелярилле-бюрократла ертсе пынăшăн критикленĕ.

Псков тата Калининград облаçĕсенчи парти конференцийĕсенче совхозсене çителĕклĕ ертсе пыманшăн РСФСР Совхозсен министерствине хытă критикленĕ. Псков облаçĕнчи ăратлă какăй-кĕшĕк ĕрчетекен «Остров» совхоз директорĕ Железон юлташ юлашки вăхăтра сÿтсен пырса тăракан директивăсем сахаллане вырăнне ÿсе пыни çинчен каланă. Иртнĕ çулта совхоз министерствăран 1.897 указанипе распоряжени панĕ, вĕсенчен нумайăшĕ нимĕне кирлĕ мар сăнÿсемпе канашсем пулнă.

Эсир пĕлетĕр ĕнтĕ, халĕ РСФСР Министрĕсен Совечне çирĕплетнĕ, çавна май Россия Федерацийĕн Министрĕсен Совечĕ хăйĕн ĕçĕнче пулнă çитменлĕхсене татăклăн пĕтерсе пыма тивĕçлĕ.

Çавна каламалла: КПСС Центральнăй Комитечĕнче РСФСР енĕпе ĕçлекен бюро тунă Хрущев юлташ панă сĕнÿ РСФСР облаçсенчи ĕçсене татăклăн лайăхлатмалли питех те кирлĕ мера пулса тăрать.

Юлташсем! Директивăсен проекчĕнче пирĕн çĕршывра хуçалăх тата культура строительстви енĕпе тума палăртнă ĕç калăпăшĕ хамăрăн Тăван çĕршывăн кашни совет çыннин кăмăлне çĕклет, ăна социализм системи малта тăни çавăнтарать. Коммунизм патне илсе пыракан Коммунистсен партийĕ совет çыннисем вĕсĕмсĕр тав тăваççĕ, çынсен малалла лайăхрах та нумайрах ĕçлес кăмăл çĕкленет.

Пирĕн халăхăн творчествăлла вăйĕ пысăк. Совет строй туса хунăранпа вăл, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, пĕтĕм тĕнче историйĕнче пысăк пĕлтерĕшлĕ сахал мар задачăсене пурнăçа кĕртрĕ, çавна пула пирĕн çĕршыв тĕнчери мирĕн, демократин тата социализмăн хăватлă крепоçĕ пулса тăчĕ.

Партин XX съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса пирĕн халăх, тăванла Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, совет çыннисен тата прогрессивлă пĕтĕм этемлĕхĕн телейĕпе савăнăçлă пурнăçĕшĕн çĕнĕрен чаплă ĕçсем тăвĕ. (Алă çупаççĕ).

Умерĕк çинче: Ишлей районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри доиркăсем партин XX-мĕш съезчĕн ĕçĕсем çинчен радиопа итлеççĕ.

Н. Орлов фотоÿкерчĕкĕ.

## Обязательствăна пурнăçлатпăр

ЕЛЧĔК. Районти ĕçсыннисем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX съезчĕн решенийĕсене пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç. Предприятисемпе учрежденисенче, МТС-ра тата колхозсенче съезд материалĕсене тимлĕн вулаççĕ. Ял ĕçченĕсем, съезд материалĕсемпе паллашнă май, хăйсен шухăш-кăмăлĕсене каласа параççĕ, Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн ырми-канми тăрăшма пулаççĕ.

Пушкин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци пухăвĕнче И. Казаков колхозник хăйне парти ретне илнĕ хыççăн çапла каланă:

— Паян мана парти членĕн кандидатне илчĕç. Ку таранччен парти ретĕнче тăман пулин те эпĕ шухăшăмпа та, ĕççемпе те яланах Коммунистсен партийĕпе пĕрле пынă. Мухтавлă парти пирĕн çĕршыва коммунизм çĕнтерĕвĕ патне шанчăклăн ертсе пырать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра эпĕ, парти ретĕнче пулса, ырми-канми ĕçлеме пулатăп.

Игнатий Павлович Казаков юлташ 80 çултан иртнĕ пулин те колхоз производствинчи пур ĕçсене те активлăн хутшăнать. Иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче вăл 100 ĕçкунĕ ытла тунă. Обществăлла ĕçре те вăл хăйне палăртнă. Ăна ял Совет депутатне тата халăх заседательне суйланă. Халăх шанса панă хисеплĕ ĕçсене тÿрĕ кăмăлпа туса пырать.

МТС-ри механизаторсем съезд ĕçленĕ кунсенче хисеплĕ вахтăна тăнă. А. Кириллова В. Захаров токарьсем, И. Ярхунов тимĕрçĕ, А. Афанасьев слесарь çак кунсенче хăйсен кулленхи ĕç нормине 150—160 процент тултарса пыраççĕ.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхозри доиркăсем партин XX съезчĕ ячĕпе çĕнĕ обязательствăсем илнĕ. Кăçалхи ялхуçалăх çулĕнче вĕсем кашни ĕнерен 3.500-шер килограмм сĕт суса илме пулаççĕ.

— Съезд ячĕпе саралнă ăмăртăва хутшăнса, эпĕ февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне хама çирĕплетсе панă ĕнесенчен 1.000-шер килограмм сĕт суса илме сăмах панăччĕ. Панă сăмаха февралĕн 12-мĕшĕ тĕлне чыслăн пурнăçларăм. Октябрĕн 1-мĕшĕччен кашни ĕнерен 3.725-шер килограмм сĕт суса илме панă сăмаха пурнăçлатăпах, — тет колхозри паллă доярка А. Иванова юлташ.

И. ДОБРОХОТОВ.
П. МИХАЙЛОВ.

## Çĕнĕ пилĕкçуллăхри пирвайхи ÿсĕмсем

Шупашкарти «Металлист» промартель коллективĕ партин XX съезчĕ пынă кунсенче нихçанхинчен пысăк хастарлăхпа ĕçлерĕ.

Артель производствинче çак кунсенче тунă пысăк ĕç вăл—механически цехра технологи процесĕсене чылай çĕнетни. Кунта халĕ метала пусăм вăйĕпе шăратса ирĕлтерекен çĕнĕ агрегат вырнаçтарса лартнă. Халиччен металран тĕрлĕ формăллă савăт-сапа, хуран е ытти йышши изделисем тунă чухне формăламалли тăпрапа усă курнă, итарласа форматсем тума тивнĕ. Халĕ вара метала ирĕлтерсе тĕрлĕ йышши изделисем тăвасси йăлтах урăхла пулса пырать—шăратнă метала матрицăсем ăшне яраççĕ те пуансонпа пусăрăнтараççĕ.

— Çак çĕнĕ процеса ĕçе кĕртни пире пысăк ÿсĕмсем тума пулăшрĕ,—каласа парать главнăй технорук Ю. Боколяр юлташ.—Сăмахран, ивĕлле ĕçленĕ чухне сменăра 20—30 хуран тунă пулсан, халĕ 150—200 хуран туса кăларатпăр. Çапла майпа ĕç тухăçлăхĕ çичĕ хут ÿсрĕ, продукци пахалăхĕ нумай лайăхланчĕ.

Артель коллективĕ 1955 çул программине ăнăçлă пурнăçласа Чăвашпромсовет предприятийĕсем хушшинче мала тухнă, куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава илме тивĕçлĕ пулнă. Январь уйăхĕнчи плана та ирттерсе тултарнă. Февраль уйăхĕнче те пысăк ÿсĕмсем тăваççĕ.

Ăмăртура механически цех малти вырăнта. Цехра çак кунсенче нормăна тултарман пĕр рабочи те çук. А. Шипилкайпе И. Миронов токарьсем, пĕртăван Иванпа Арсентий Туктаров слесарьсем кулленхи заданине 130—140-шер процент пурнăçлаççĕ.

Çĕнĕ пилĕкçуллăхра производство лаптăкĕ чылай сарăлмалла. Механически цех валли çĕнĕ корпус тума, унта çĕнĕ оборудовани вырнаçтарма палăртнă. Продукци туса кăларасси 1960 çул тĕлне, 1955 çулхипе танлаштарсан, 155 процент таран ÿсмелле.

— Коммунистсен партийĕн XX съезчĕ промышленноçа малалла хăвăрт аталантарма палăртрĕ. Ĕçсыннисем валли кулленхи кирлĕ таварсем туса кăларасси те нумай ÿсет. Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн мĕнпур вăя хурса кĕрешĕпĕр,—теççĕ рабочисем.

## К Ĕ С К Е Н

Сатирăлла хаçат. Çĕрпÿ районĕнчи «Гвардия» колхозра сатирăлла «Крокодил» хаçат кăларса тăма тытăннă. Хаçат колхоз ĕçĕнчен пăрăнса çÿрекенсене, хулиган сене, ĕç çине сÿрĕккĕн пăхакансене витĕмлĕн критиклет.

Ферма çумĕнчи хĕрлĕ кĕтес. Чурачăк районĕнчи «Память Сталина» колхозра ĕне фермине ĕçлекенсем валли хĕрлĕ кĕтес организациленĕ. Хĕрлĕ кĕтес валли хаçат-журнал çителĕклĕ çырăнса панă. Кунсăр пуçне Аслă Тукаль ял Советĕнчи библиотекăран кунта çĕнĕ кĕнекесем парса тăраççĕ.



## Драма кружокĕ 20 çул ĕçлет

Шăхасан районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхозра драма кружокĕ организациленĕренпе 20 çул тултарчĕ. Çавна паллă тунă май кружок членĕсем нумаях та пулмасть «Çемье ыйтăвĕсем» ятлă пĕр пайлă комеди лартса панă. Пьесăри бухгалтер Петр рольне çичĕ çул вĕренмелли шкулти учитель-математик Геннадий Александров, Тийна рольне—ялти комсомолка Светлана Степанова вылянă. Спектакль курма çамрăксем çеç мар, ваттисем те—пурĕ 250 çын ытла пухăннă.

## Культурăллă пурнăç хроники

Ĕçсыннисем валли лекцисем. Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Тихăнушкăнь ялĕнчи лекторсен ушкăнĕ юлашки вăхăтра хăйĕн ĕçне лайăхлатнă. Шкул директорĕ В. Андреев, агроном А. Арланкин, ветеринари пункчĕн заведующийĕ П. Толстов юлташсем КПСС XX съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ çинчен, партипе правительство çĕрулмипе пахча çимĕç туса илесси çинчен йышăннă постановлени çинчен лекцисем вуласа панă.

Çамрăксен каçĕ. Шăхасан районĕнчи Атнаш ялĕнчи клубра çак кунсенче çамрăксен каçĕ пулнă. Унта çичĕ çул вĕренмелли шкул учителĕ Г. Александров юлташ «Юлташлăхпа туслăх» темăна лекци вуланă. Унтан клуб çумĕнчи драма кружокĕн спектаклĕ пулнă.

Вулакансен конференцийĕсем. Канаш районĕнчи Çĕнĕ Юнтапари вулав сурчĕ çак кунсенче М. Горький çырнă «Амăшĕ» роман тăрăх вулакансен конференцине ирттернĕ. Ситес кунсенче Н. Островскин «Хурçă мĕнле хĕрнĕ» ятлă кĕнеки тăрăх конференци ирттерме палăртнă.

Интереслĕ лекци. Республикăри паллă хирург П. Е. Ермолаев юлташ Элĕк районĕнчи Ураскилтри вăтам шкулта «Рак чирĕ тата унпа кĕрешесси» тема тăрăх лекци вуланă. Лекци итлекенсене пурне те килĕшнĕ.

Шкул ачисем колхозри стройкăра. Канаш районĕнчи Вырăскас Пикшихри вăтам шкулта вĕренекенсем «Мотор» колхозра витесем лартнă çĕрте тăрăшса ĕçленĕ. Чылайăшĕ çак ĕçре 60—70-шер ĕçкунĕ тунă.

## Çĕнĕ кĕнекесем

«ЕВРОПА ЧЕМПИОНĔ»

СССР рекордсменĕ, спортăн тава тивĕçлĕ мастерĕ, Европа чемпионĕ Ардалион Васильевич Игнатьев — пирĕн земляк. Унăн ÿсĕмĕсем, çĕнтерĕвĕсем кашнинех хăйхавтарассĕ, интереслентерессĕ, савăнтарассĕ.

Чăвашгосиздат «Европа чемпионĕ» ятлă кĕнеке пичетлесе кăларнă. Унта Ардалион Игнатьевăн спорт ĕçĕнчи кун-çулĕ çинчен тĕплĕн каласа панă. Кĕнеке авторĕ—М. И. Юрьев. Кĕнеке тиражĕ 2.000 экз., хакĕ 80 пус.

* * *

Чăвашсен государство издательстви М. Федоров ачасем валли çырнă «Арçури» ятлă кĕнекене пичетлесе кăларчĕ. Ăна Ф. Осипов художник ÿкерчĕкĕсемпе илемлетнĕ. Унăн тиражĕ 6 пин экземпляр, хакĕ 25 пус.

## П ĕ л т е р н и

Февралĕн 28-мĕшĕнче Советсен çуртĕн пысăк залĕнче хулари пуçламăш парторганизацисен секретарĕсен тата пропагандистсен канашлăвĕ пулать. Канашлура «КПСС XX съезчĕн материалĕсене кружоксемпе политшкулсенче вĕренессине йĕркелесси çинчен» сÿтсе яваççĕ.

Канашлу 18 сехет те 30 минутра пуçланать.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00855 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 573. Тираж 37.000 экз.